ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛЕШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1956 çул Февраль 22 юнкун № 39 (9718)
Хакĕ 20 пус.
38-мĕш çул тухать.

**Февралĕн 20-мĕшĕнче Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XX съезчĕ КПСС Центральнăй Комитечĕн отчетлă докладне сӳтсе явас ĕçе вĕçлене.**

**XX съезд пĕр кăмăллă пулса йышăннă постановленире КПСС Центральнăй Комитечĕн политикăлла çул-йĕрĕпе практикăлла ĕçне пĕтĕмĕшпех ырланă.**

## СОВЕТ СОЮЗĔНЧИ ҪОММУНИСТСЕН ПАРТИЙĔН XX СЪЕЗЧĔ

## Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XX съезчĕ КПСС Центральнăй Комитечĕн отчетлă доклачĕ тăрăх йышăннă

# ПОСТАНОВЛЕНИ

**(1956 çулхи февралĕн 20-мĕшĕнче пурте пĕр саслă пулса йышăннă)**

**Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн ĕçĕ çинчен КПСС Центральнăй Комитечĕн Пĕрремĕш Секретарĕ Н. С. Хрущев юлташ тунă отчетлă доклада итлесе тата сӳтсе явса, Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XX съезчĕ çапла йышăнать:**

**КПСС Центральнăй Комитечĕн политикăлла çул-йĕрĕпе практикăлла ĕçне пĕтĕмĕшпех ырлас.**

* * *

XX съезд КПСС Центральнăй Комитечĕн отчетлă доклачĕ тăрăх Коммунистсен партийĕн XX съезчĕ йышăнакан резолюции анлă проектне хатĕрлеме Комисси тунă. Комисси составĕ:

| | | | | | |
|---|---|---|---|---|---|
| Хрущев Н. С. (Председатель) | Даниялов А. Д. | Капитонов И. В. | Мжаванадзе В. П. | Первухин М. Г. | Суслов В. М. (Краснодар) |
| Аристов А. Б. | Денисов Г. А. | Кириленко А. П. | Микоян А. И. | Пономаренко П. К. | Суслов М. А. |
| Бабаев С. | Доронин П. И. | Кириченко А. И. | Михайлов Н. А. | Поспелов П. Н. | Титов Ф. Е. |
| Беляев Н. И. | Жегалин И. К. | Киселев Н. В. | Молотов В. М. | Пысин К. Г. | Товмасян С. А. |
| Бойцов И. П. | Жуков Г. К. | Козлов Ф. Р. | Муратов З. И. | Раззаков И. Р. | Фурцева Е. А. |
| Брежнев Л. И. | Игнатов Н. Г. | Кэбин И. Г. | Мустафаев И. Д. | Сабуров М. З. | Шверник Н. М. |
| Булганин Н. А. | Игнатьев С. Д. | Куусинен О. В. | Мухитдинов Н. А. | Сердюк З. Т. | Шелепин А. Н. |
| Ворошилов К. Е. | Каганович Л. М. | Ларионов А. Н. | Органов Н. Н. | Снечкус А. Ю. | Шепилов Д. Т. |
| Гафуров Б. | Калнберзин Я. Э. | Маленков Г. М. | Патоличев Н. С. | Струев А. И. | Школьников А. М. |
| | Кальченко Н. Т. | | | | |

## КПСС XX съезчĕ КПСС Центральнăй Ревизи Комиссийĕн отчечĕ тăрăх йышăннă

# ПОСТАНОВЛЕНИ

**(1956 çулхи февралĕн 20-мĕшĕнче пурте пĕр саслă пулса йышăннă)**

**КПСС Центральнăй Ревизи Комиссийĕн отчетне çирĕплетес.**

# СЪЕЗД ДНЕВНИКĔ

### *Февралĕн 20-мĕшĕнчи ирхи лару*

Февралĕн 20-мĕшĕнчи ирхи ларăва М. А. Яснов юлташ председатель пулса ертсе пынă. Съезд КПСС Центральнăй Комитечĕпе КПСС Центральнăй Ревизи Комиссийĕн отчетлă доклачĕсене малалла сӳтсе явнă.

Чи малтан И. Д. Мустафаев юлташ (Азербайджан парторганизацийĕ) тухса каланă. Отчетлă тапхăрта, тенĕ вăл, Центральнăй Комитет хамăрăн Тăван çĕршыв экономикипе культурине малалла аталантарас ĕçĕн пысăк та кирлĕ ыйтăвĕсене хăюллăн лартрĕ, вĕсене творчествăлла татса пачĕ. Партипе Совет правительстви ертсе пынипе пиллĕкмĕш пилĕкçуллăх планĕсем ăнăçлă пурнăçланчĕç. Совет Союзĕ тĕнчери индустриллĕ чи пысăк державăсенчен пĕри пулса тăчĕ. Партипе правительство ялхуçалăхне хăвăрт вăйлатас тĕлĕшпе пысăк ĕçсем туса пыраççĕ. Совет Союзĕпе социализмла пĕтĕм лагерĕн тĕнчери лару-тăрăвĕ чылай çирĕпленчĕ.

Унтан Мустафаев юлташ партин ленинла наци политики çинчен, аслă вырăс халăхĕ Совет Союзĕнчи ĕлĕк кая юлса пынă ытти халăхсене пулăшни çинчен, çакна пула ку халăхсем хăйсен экономикипе культурине аталантарса вăйлатас ĕçре питĕ пысăк çитĕнӳсем туни çинчен каланă. Азербайджанра, сăмахран, промышленность, 1913 çулхипе танлаштарсан, 12 хута яхăн ӳснĕ. Революцичченунти халăхăн 90 процентĕ хут пĕлмен пулсан, халĕ ĕнтĕ пурне те çичĕ çул вĕрентес задачăна пурнăçланă, пурне те обязательнăй йĕркепе вунă çултан кая мар вĕрентме условисем хатĕрлеççĕ.

Азербайджанри нефть промышленноçĕ çинчен сăмах хускатса, оратор çакна палăртнă: юлашки икĕ çул хушшинче республикăра нефтьпе газ кăлармалли çĕнĕ вырăнсене шыраса тупнă. Республикăри нефтяниксем, тенĕ вăл, шĕвĕ горючи кăларас енĕпе улттăмĕш пилĕкçуллăх тĕлĕшпе паракан Директивăсен проектĕнче палăртса хунă плана срокчен тултарма сăмах параççĕ.

Унтан Индонезири Коммунистсен партийĕ ячĕпе Д. Н. Айдит юлташ саламлă сăмах тухса каланă. Хна делегатсемпе хăнасем ăшшăн кĕтсе илнĕ.

Совет Союзĕпе Индонези, тенĕ Айдит юлташ, пĕр-пĕринчен питĕ аякра, йăласем енĕпе те пирĕн çĕршывсен халăхĕсем пĕр пек мар. Анчах та тĕллевсем пĕр пек пулни, миршĕн тата этемлĕх прогресĕшĕн пĕрле кĕрешни Индонезипе Совет Союзĕнчи халăхсене пĕр-пĕрипе çывăхартрĕ. Индонезири Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕ Индонезири рабочисенчен, хресченсенчен, интеллигенцирен тата çамрăксенчен нумай çырусем илчĕ, çав çырусенче вĕсем КПСС XX съездне тата Совет Союзĕнчи халăхсене салам калама ыйтрĕç. Ку вăл—Индонезири ĕçсыннисем Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕпе совет халăхĕн тĕллевĕсене лайăххăн та лайăххăн ăнланса пынине кăтартакан питĕ паха факт. КПСС Центральнăй Комитечĕ партин XX съездĕнче туса панă отчетлă докладпа тата КПСС XX съезчĕ ССР Союзĕн халăх хуçалăхне аталантармалли улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе паракан Директивăсене палăртнисемĕн Индонези халăхĕ Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕпе совет çĕршывĕнчи халăхсен тĕллевĕсене татах та лайăххăн ăнланса илĕ.

Хальхи вăхăтра, тенĕ малалла Айдит юлташ, пирĕн çĕршыв никама та, нимĕн чухлĕ те пăхăнмасăр пурăнма тулли ирĕклĕх илеймен-ха. Индонезие Голландири тата ытти çĕршывсенчи империалистсем пĕрмаях чăрмантарса тата юнаса тăраççĕ. Индонези халăхĕ хăйĕн никама пăхăнманлăхне сыхласа хăварма тата çирĕплетме май паракан çул-йĕрсем шырать. Никама пăхăнмасăр пурăнас правăна вăл хăйĕн чи лайăх ывăлĕсен пурнăçне парса кĕрешсе илчĕ.

Айдит юлташ Азипе Африкăри çĕршывсен Бандунгри конференцийĕ çинчен, Индонези çав конференцие пуçаракансенчен пĕри пулни çинчен каланă. Ку конференцие тĕнчери мире юратакан нумай халăхсен, пуринчен малтан Совет Союзĕнчи халăхсемпе Совет правительствин хĕрӳллĕн ырлани Индонези халăхĕн шанчăкне çирĕплетрĕ, никама пăхăнмасăр пурăнассишĕн кĕрешни пур çĕршывсемпе континентсене сарăлнă çĕнтерӳллĕ аслă кĕрешӳ пулнине курса ĕненчĕ.

Монголи халăхĕн революциллĕ партийĕн тата Монголи Халăх Республикинчи ĕçсыннисен ячĕпе Ю. Цеденбал юлташ саламлă сăмах тухса каланă. Хна нумайччен алă çупса кĕтсе илнĕ.

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн пĕтĕм ĕçĕ, тенĕ вăл, халăх интересĕсемшĕн вăй-хала шеллемесĕр тăрăшнине, демократипе социализмшăн кĕрешнине, марксизмла-ленинла теорие пурнăçа кĕртсе, ăна историллĕ çĕнĕ опыт никĕсĕ çинче творчествăлла аталантарса тата пуянлатса пынине уççăн кăтартса паракан чаплă тĕслĕх пулса тăрать. Партин çак съезчĕ ССР Союзĕн коммунизм патне пымалли аслă çĕнĕ малашлăхĕсене уçса парать, вăл паттăр совет халăхĕшĕн çеç мар, малта пыракан пĕтĕм этемлĕхшĕн те историлле питĕ пысăк событи пулса тăрать.

Ленин çулĕпе пырса, Монголи халăхĕн революциллĕ партийĕ ертсе пынипе, Совет государстви ырă кăмăлпа пулăшнипе пирĕн халăх обществăлла пурнăçа тĕпрен улăштарса çĕнетрĕ. Монголи хуçалăхпа культура тĕлĕшĕнчен кая юлнине пĕтерес ĕçре калама çук пысăк çитĕнӳсем турĕ. Халĕ ĕнтĕ Монголи Халăх Республикин кучуххеч промышленноçпа транспорт, хăйĕн рабочи класĕпе хăйĕн ĕç интеллигенцийĕ пур, çак интеллигенци халăх демократи строĕн условийĕсенче ӳссе çитĕнчĕ.

Монголи Халăх Республикинчи ĕçсыннисем çакна хăйсен опычĕнчен пĕлеççĕ: пирĕн ялан тусăмăрпа — прогрессивлă этемлĕхĕн малти ретĕнче пыракан совет халăхĕпе туслă пурăнни, тачă çыхăнса ĕçлени чухне çеç монгол халăхĕ телейлĕ пулма пултарать.

Монголи халăхĕн революциллĕ партийĕ Монголи Халăх Республикинчи ĕçсыннисене марксизм-ленинизмăн вилĕмсĕр идейисем майлă пулма, Совет Союзĕнчи, Китай Халăх Республикинчи тата халăх демократи çĕршывĕсенчи халăхсемпе тăванла туслă пурăнас шухăшлă пулма, миршĕн, демократишĕн тата социализмшăн пыракан кĕрешӳре пĕтĕм тĕнчери ĕçсыннисемпе пĕрле ĕçлес шухăшлă пулма воспитани парать тата малашне те çавăн пек воспитани парса пырĕ.

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XX съезчĕ, тенĕ юлашкинчен Цеденбал юлташ, пирĕншĕн опытăн практикăлла пысăк шкулĕ пулса тăрать. Хавхалантаракан тĕслĕхпе примершăн, вĕрентнĕшĕн—КПСС XX съездне чун-чĕререн тав тăватпăр.

Малалла К. Е. Ворошилов юлташ сăмах тухса каланă.

З. И. Муратов юлташ (Тутар парторганизацийĕ) партин организацийĕсен тата ертсе пырас рольне ӳстерес, унăн ретĕсен пĕрлĕхне çирĕплетес тĕлĕшпе Центральнăй Комитет туса ирттернĕ питĕ пысăк ĕç çинчен каланă. КПСС Центральнăй Комитечĕ тăтăшах Пленумсем ирттерни, пленумсенче тулашри политикăн, партипе хуçалăх строительствин ыйтăвĕсене пăхса тухни пирĕншĕн вĕренӳпе воспитани шкулĕ пулса тăчĕ. Эпир, тет оратор, тивĕçлипех çапла калама пултаратпăр: отчетлă тапхăр вăл парти ӳссе тĕреклесе, унăн организацилле, тактикăлла тата идеологилле никĕсĕсем пуянланса пынă тапхăр пулчĕ.

Хăйĕн сăмахĕнче Муратов юлташ нефть промышленноçне вăйлатас ĕç çинчен нумай каланă. Пиллĕкмĕш пилĕкçуллăх Тутар республикишĕн промышленноçăн çак отраслĕ вăйлăн ӳссе пынă тапхăр пулчĕ. Çулталăкра кăларакан нефть хисепĕ унта 15 хут ӳснĕ, хальхи вăхăтра Тутар республики çĕршыва пĕтĕм патша Российинче кăларнинчен чылай нумайрах нефть парса тăрать. Çĕнĕ пилĕкçуллăхра пирĕн çĕршывра хальхи вăхăтринчен ирттерсе кăларакан пĕтĕм нефтĕн çуррине яхăн пайне Тутар республики парса тăмалла. Республикăри парторганизаци, нефтяниксем çак ответлă задачăна ăнăçлă пурнăçлама мĕн кирлине пĕтĕмпех тăвĕç. Çакна май оратор çакăн çинчен калать: хальхи вăхăтра энергетика, промышленноçа шыв парса тăрас ĕç, çавăн пекех пурăнмалли çуртсем тата культурăпа йăла учрежденийĕсем тăвас ĕç кая юлса пыни нефть кăларассине хăвăрт ӳстерме чарса тăрать. Çак ситменлĕхсене пĕтерес ĕçре союзлă министерствăсем—нефть промышленноçĕн, электростанцисен министерствисем, нефть промышленность предприятийĕсем тăвакан министерство тата транспорт строительстви министерстви ытларах пулăшма тивĕçлĕ.

Унтан Муратов юлташ республикăри ялхуçалăхĕ вăйланса, тутар халăхĕн культури ӳссе пыни çинчен каланă.

А. Д. Даниялов юлташ (Дагестан парторганизацийĕ) хăйĕн сăмахĕнче çакна палăртнă: партин XX съезчĕ улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе паракан Директивăсен проектне рабочисем, колхозниксем, совет интеллигенцийĕ пурте пĕр кăмăллă пулса ырларĕç.

Парти йышăннă решенисене пурнăçласа пырса, тенĕ малалла Даниялов юлташ, Дагестанри рабочисем, колхозниксем, интеллигенци республика экономикине тата культурине малалла вăйлатса ӳстерчĕç. Юлашки вăхăтра ялхуçалăхĕнчи ĕçсем лайăхланчĕç, парти организацийĕсем конкретлăрах ертсе пыма пуçларĕç, ĕçсыннисен политикăлла активлăхĕпе ĕçри хастарлăхĕ ӳсрĕ. 1955 çулта республикăри колхозсенче 1954 çулхинчен 39 процент нумайрах тĕштырă пухса кĕртнĕ, 31 процент нумайрах пахча çимĕç туса илнĕ. Обществăлла выльăх-чĕрлĕх ĕрчетмелли плана ирттерсе тултарнă, сĕт суса тата çăм касса илесси чылай ӳснĕ. Колхозниксем ĕçкунĕсем тăрăх иртнĕ çулхисенчен чылай нумайрах продуктсем илнĕ.

Улма-çырла туса илес ĕç республикăри халăх хуçалăхĕн пысăк та кирлĕ отраслĕ пулса тăрать. 1960 çул вĕçĕ тĕлне садсемпе виноградниксен лаптăкĕсене икĕ хут ытла пысăклатма, виноград пухса илессине 5 хута яхăн, улма-çырла пухса илессине 2,6 хут ӳстерме палăртнă.

Даниялов юлташ РСФСР Ялхуçалăх министерствине критиклет. Çак министерство садсенче усă курмалли техника, инвентарь туса кăларассишĕн тăрăшмасть, ялхуçалăхне сиен тăвакан хурт-кăпшанкăсемпе кĕрешесси çинчен сахал шухăшлать.

Отчетлă доклада Н. С. Хрущев юлташ КПСС Центральнăй Комитечĕн Росси Федерацийĕ тĕлĕшпе ĕçлекен Бюровне туса хума сĕнчĕ. Оратор çак сĕнĕве ырласа каланă: çавăн пек бюро туса хуни Федерацири автономиллĕ республикăсен, крайсен тата областсен ресурсĕсемпе хăвăртрах тата лайăхрах усă курма пулăшĕ, тенĕ.

М. А. Шолохов юлташ (Каменск парторганизацийĕ) совет литературин ыйтăвĕсем çинчен каланă. Вăл çакăн çинчен асăнтерĕ: съездра тухса каланă чухне Сурков юлташ, пирĕн литература çитĕнĕвĕсем çинчен каласа, унăн ӳсĕмне пичетленесе тухакан кĕнекесен хисепĕ тăрăх кăтартса пачĕ. Анчах та литература шайне кĕнекесен хисепĕпе виçмеççĕ, тенĕ оратор.

Сăмах та çук, тенĕ Шолохов юлташ, хăй пуçланнăранпа пирĕн литература лайăх кĕнекесем сахал мар пачĕ, вăл тивĕçлипех ĕнтĕ тĕнчери малта пыракан литература пулса тăчĕ. Анчах та вăл ертсе пыракан литература пулса тăни писательсем художество енĕпе нихçанхинчен пахарах çитĕнӳсем тунинчен мар, эпир пурсăмăр та, кашниех хăйĕн талантне кура, коммунизмăн пурне те çĕнтерекен идейисене пропагандăласа пынинчен килчĕ. Анă мĕнре ĕнтĕ пирĕн çитĕнӳсен çăлкуçĕ.

Оратор çакна палăртнă: нумай писательсем пурнăçран уйрăлса пынă, вĕсем пирĕн лайăх, ĕслĕ çĕнĕ кĕнекесем сахал тухаççĕ. Столицăри нумай писательсем асамлă писĕтеслĕхре пурăнаççĕ: Мускав—дача—курорт. Ленинградра, Киевра, Минскра тата ытти пысăк хуласенче те ĕçсем çавнашкал. Çапăпа та, тенĕ Шолохов юлташ, ку йĕркене улăштармасан, çывăх вăхăтра лайăх кĕнекесем тухассине кĕтме йывăр. Писательсен произведенийĕсене хăйсен геройĕсем хушшинче—колхозсенче, МТС-сенче, рабочисен поселокĕсенче çырмалла. Малалла Шолохов юлташ ССР Союзĕнчи писательсен Союзне критиклет. Писательсен Союзĕнче, вăл каланă тăрăх, талантлă нумай писательсем творчествăлла ĕç тăвас вырăнне вăхăта ларусенче ирттереççĕ. Творчествăлла работниксене тивĕçсĕр нумай ларусенчен хăтарас пулать. Вулакансем вĕсенчен сăмахсем мар, кĕнекесем кĕтеççĕ.

Хăйĕн сăмахĕнче Шолохов юлташ çамрăк писательсемпе ĕçлесси çинчен нумай каланă.

Малалла И. К. Жегалин юлташа (Сталинград парторганизацийĕ) сăмах панă. Вăл çапла каланă: КПСС Центральнăй Комитечĕ партие тата Совет государствине ертсе пырас ĕçре ленинла политикăна çирĕппĕн тытса пынăшăн ăна Сталинградри коммунистсем чун-чĕререн тав тăваççĕ.

Пирĕн çĕршыври ĕçсыннисене пилĕк çуллăх плана срокчен пурнăçлама мобилизацилес ĕçре партин Центральнăй Комитечĕн парти, совет тата хуçалăх активĕпе пĕрле ирттернĕ Пленумĕсем, çавăн пекех промышленность енĕпе ирттернĕ Пĕтĕм Союзри канашлу тата ялхуçалăх енĕпе зонăсенче партипе правительство руководителĕсем хутшăннипе ирттернĕ канашлусем тĕп вырăн йышăнса тăраççĕ.

Жегалин юлташ Сталинградри ĕçсыннисем пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх плана тултарас тĕлĕшпе мĕнле ĕçлени çинчен каласа панă. Областри промышленноçпа транспорт 1955 çулта кăна планран ирттерсе 300 миллион ытла тенкĕлĕх продукци туса кăларнă. 1955 çулта промышленность продукцийĕн хисепĕ, 1950 çулхипе танлаштарсан, 87,6 процент ӳснĕ. Юлашки икĕ çул хушшинче мĕнпур ялхуçалăх культурисем акса тăвакан çĕр лаптăкĕ 850 пин гектар пысăкланнă.

Оратор областри халăх хуçалăхне малалла вăйлатмалли резервсем çинчен чылай каланă. Çак резервсем продукци туса кăларассине, ĕç тухăçлăхне ӳстерме, промышленность предприятийĕсенчи ситменлĕхсене пĕтерме май параççĕ. Оратор çывăх çулсенче трактор дизелĕсем тăвакан çĕнĕ завод лартма кирли çинчен, Сталинградри трактор завочĕпе чугун çул узелне реконструкцилемелли çинчен, грузсем турттарса сӳрес ĕçре Атăлпа Дон хушшинчи В. И. Ленин ячĕпе тăракан каналпа лайăхрах усă курмалли çинчен каланă.

И. В. Курчатов академик хăйĕн сăмахĕнче совет ученăйĕсем атом энергийĕпе мирлĕ ĕçсенче усă курас тĕлĕшпе тăвакан ĕçсем çинчен каланă. Çитес пилĕкçуллăхра съезд паракан Директивăсен проектĕнче çырса хунă задачăна—атом энергийĕ шучĕпе 2—2,5 миллион киловатт электроэнерги илес задачăна пурнăçламалла. Çитес пилĕкçуллăхра 10 тĕрлĕ атом реакторĕсем тума палăртнă, вĕсенчен кашнийĕн хăвачĕ 50 пин киловатран пуçласа 200 пин киловатт таран пулать. Торипе усă курса ĕçлеттермелли хăватлă реактор тумалла.

Атом реакторĕсем тăвас тĕлĕшпе, тенĕ оратор, пирĕнпе пĕрле социализм лагерĕнчи ытти çĕршывсенчи ученăйсемпе инженерсем те ĕçлеççĕ. Совет Союзĕ пулăшнипе вĕсем хăйсен çĕршывĕсенче наука тĕллевĕсем валли атом реакторĕсем тăваççĕ, атом энергийĕпе ĕçлекен электростанцисем тума палăртаççĕ. Социализм лагерĕнчи çĕршывсен ученăйĕсемпе пĕрле тăвакан ĕç малалла сарăлса, вăйланса пырать, тенĕ Курчатов юлташ.

Оратор çапла каланă: атом энергийĕпе транспорт ĕçĕсенче те усă курма пулать. Хальхи вăхăтра атом энергийĕпе ĕçлекен двигательлĕ пăрçĕмрен карап тумалли проект хатĕрлесе çитереççĕ. Вăл судносене Сурçĕр тинĕс çулĕ тăрăх илсе сӳрекен, пĕрре илнĕ топливăпах 2—3 çул хушши сӳрекен карап пулать. Çитес пилĕкçуллăхра пăрçĕмрен карап валли çеç мар, ытти карапсем валли, авиаци валли тата типсĕр çинчи транспорт валли те атом вăйĕпе ĕçлекен установкăсем тăвас тĕлĕшпе кирлĕ ĕçсене анлă сарас пулать. Атом енĕпе теорилле наукăна, тенĕ ученăй, малалла аталантармалла, ку вăл пулас техника çул-йĕрĕсене тĕрĕс çутатса пама кирлĕ. Совет ученăйĕсен сутçанталăкăн çĕнĕ законĕсене уçса палăртмалла, матери свойствисене тĕпчесе пĕлмелле çулпа малалла каймалла.

Атомнăй тата ядернăй физика енĕпе тăвакан теорилле ĕçсем, тенĕ ученăй, кирлĕ пек йĕркелесе пымалли ядернăй реакцисем тăвас тĕлĕшпе опытлă ĕçсене анлă сармалли майсем уçса параççĕ. Этемлĕхшĕн çав тери кирлĕ çак наукăлла ыйтăва татса парас тĕлĕшпе эпир, совет ученăйĕсем, тĕнчери мĕнпур çĕршывсенчи ученăйсемпе, çав шутра Америка ученăйĕсемпе те, пĕрле ĕçлесшĕн, эпир вĕсен наукăпа техникăри çитĕнĕвĕсене лайăх пĕлетпĕр. Çапла ĕçлеме май пултăр тесен пĕр япала кăна—Совет Союзĕ атомлă тата водородлă хĕçпăшалпа усă курма чарасси çинчен панă сĕнĕве США правительстви йышăнни кăна кирлĕ.

Унтан Финляндири Коммунистсен партийĕпе ĕçсыннисен ячĕпе А. Аалтонен юлташ саламлă сăмах тухса каланă. Ăна делегатсемпе хăнасем ăшшăн кĕтсе илнĕ. Вăл çапла каланă:

Совет çыннисем коммунизм обществи тăвас ĕçре питĕ пысăк çитĕнӳсем туни, промышленноçпа техника вăйлăн ӳссе пыни, халиччен сухаламан çĕрсемпе усă курни, çавăн пекех Совет Союзĕ ытти çĕршывсене ырă кăмăлпа пулăшни, пирĕн çĕршыври ĕçсыннисене питĕ интереслентерет, чунтан савăнтарать. Финлянди халăхĕ хушшинче çак шухăш анлă сарăлчĕ: Совет Союзĕпе туслă пурăнни тата килĕштерсе ĕçлени пирĕн çĕршыва мирлĕн аталанса пыма кирлĕ чи шанчăклă условие пулса тăрать.

Финляндири Коммунистсен партийĕ хăй пуçланнăранпах Финляндипе Совет Союзĕ хушшинчи туслă хутшăнусемшĕн кĕрешет. Вăл çакна савăнса палăртать: вăрçă хыççăнхи тапхăрта пирĕн халăх Совет Союзĕ тĕлĕшпе тытса пурăнакан туслă туйăмсем çирĕпленчĕç. Анчах та çапă вăл пирĕн çĕршывра Совет Союзĕпе Финлянди хушшинчи хутшăнусене начарлатма, Финляндие Сурçĕр Атлантика блокĕн политикин çулĕ çине тăратма тăрăшакан çынсем çуккине пĕлтермест. Çавăнпа ĕнтĕ малашне те мир политики, Финляндипе Совет Союзĕ хушшинчи туслă хутшăнусене çирĕплетмелли политика тытса пырасси Финляндири Коммунистсен партийĕн тĕп задачи пулса тăрать.

Финляндири Коммунистсен партийĕ хамăрăн çĕршыври мĕнпур ĕçсыннисен пĕрлĕхлĕ фронтне тума, вĕсене мирпе социализмшăн, ĕçсыннисен пурнăçне лайăхлатассишĕн, демократилле правăсемшĕн, капитализмла эксплуатацие тата реакцин политикăлла наступленине хирĕç кĕрешме пĕрлештерес тĕлĕшпе пĕтĕм вăя хурса тăрăшĕ.

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн ĕçĕ, тенĕ юлашкинчен Аалтонен юлташ, пирĕн партишĕн хавхалантаракан тĕслĕх пулса тăрать.

(Малалли 2-мĕш страницăра)

## СОВЕТ СОЮЗĔНЧИ КОММУНИСТСЕН ПАРТИЙĔН XX СЪЕЗЧĔ

# СЪЕЗД ДНЕВНИКĔ

### Февралĕн 20-мĕшĕнчи каçхи лару

КПСС XX съезчĕн каçхи ларăвне М. А. Суслов председатель пулса ертсе пынă. Ларура чи малтан ВЛКСМ Центральнăй Комитечĕн секретарĕ А. Н. Шелепин юлташ тухса каланă. Вăл партин XX съезчĕ совет çамрăкĕсемшĕн питĕ пысăк вырăн йышăнса тăни çинчен, комсомол организацийĕсен ĕçĕсем çинчен каланă.

Партин Центральнăй Комитечĕн докладĕнче комсомолăн, совет çамрăкĕсен ĕçĕсене пысăка хурса хакланă. Çакă вăл татах та лайăхрах ĕçлеме хушать. Комсомол, совет çамрăкĕсем, тенĕ Шелепин юлташ, съезда çапла шантарса калаççĕ: вĕсем хăйсен пĕтĕм вăйне, пĕлĕвне, хастарлăхне хамăрăн сĕрşывра коммунизм обществи тăвас ăслă ĕçе парĕç.

Партин XX съездне комсомол Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕпе унăн Ленинла Центральнăй Комитечĕ тавра татах та тачăрах пĕтĕçсе тăнипе кĕтсе илчĕ. XIX съезд хыççăн иртнĕ тапхăрта ВЛКСМ членне 8 миллион çын ытла кĕнĕ. Халĕ комсомол ретĕсенче 18,5 миллион çын тăрать. Юлашки вăхăтра комсомол организацийĕсем вунşар пин комсомолеца тимĕрбетон конструкцисемпе детальсен заводĕсене тунă çĕре, Куйбышевра Сталинград гидроэлектростанцийĕсен строительствине, Донбасса ĕçлеме ячĕç. Парти чĕннипе 350 пин çамрăк патриотсем халиччен сухаламан тата нумай вăхăт хушши сухаламасăр выртнă çĕрсемпе усă курма тытăнас ĕçе кайрĕç. Улттăмĕш пилĕк çуллăх планĕсене пурнăçлас ĕçе комсомол питĕ активлăн хутшăнĕ. Комсомол атом энергийĕпе ĕçлекен электростанцисен строительствипе тĕнчери чи пысăк гидроэлектростанци—Братск гидроэлектростанцийĕ строительствине шефа илме шутлать.

Малалла Шелепин юлташ ВЛКСМ Центральнăй Комитечĕ çамрăксене воспитани парас ĕçе лайăхлатас, физкультурăпа спорт ĕçне вăйлатас тĕлĕшпе мĕн-мĕн тума шутлани çинчен, çамрăксем валли тĕрлĕ клубсем тума, Пĕтĕм Союзри туризм обществи организацилеме кирли çинчен каланă.

Комсомол, тенĕ юлашкинчен Шелепин юлташ, çамрăксене коммунизм шухăшĕ майлă, Тăван çĕршывăн, Коммунистсен партийĕн ăслă ĕçĕшĕн шанчăклă пулас шухăш майлă воспитани пама хăйĕн ĕçне малашне те лайăхлатса пырĕ.

Трибуна çине—Д. Ибаррури юлташ. Ăна делегатсемпе хăнасем ăшшăн кĕтсе илнĕ. Ибаррури юлташ Испанири Коммунистсен партийĕ ячĕпе XX съезда тăванла салам калать.

— Сирĕн урлă, делегат юлташсем,— тенĕ Ибаррури юлташ,—эпĕ пĕтĕм совет халăхне саламлатăп, улттăмĕш пилĕк çуллăх планĕн ăслă задачисене тултарма кăçа мар, ирттерсе те тултарма ырă сывлăхпа вăй-хал сунатăп. Пур халăхсем те çапла шутлаççĕ: улттăмĕш пилĕк çуллăх план вăл совет халăхĕ мир ĕçне питĕ пысăк вăй хуниие, совет халăхĕпе пĕтĕм социализм лагерĕ малалла, коммунизм патнелле пымалли çул çинче утăмпа утăм тунине пĕлтерет. Çак плана пурнăçлани пĕтĕм тĕнчери рабочисен юхăмне, мĕнпур çĕршывсенчи прогрессивлă, мире юратакан вăйсене çав тери нумай пулăшĕ.

Малалла Ибаррури юлташ çакна палăртать: Н. С. Хрущев юлташăн докладĕнче кучуххехи тĕнчери вăру-тăрăвăн принципла ыйтăвĕсене—икĕ система мирлĕ пурăнасси çинчен, кучуххехи тапхăрта вăрçăсем пулмалла мар туса май пурри çинчен, тĕрлĕрен çĕршывсем социализма куçса пынин формисем çинчен тата социал-демократиллĕ партисем çине мĕнле пăхмалли çинчен калакан ыйтусене хартнă. Коммунистсен партийĕсемпе рабочисен организацийĕсемшĕн çак ыйтусем пĕлтерĕшĕ калама çук пысăк. Ку положенисем, тенĕ оратор, сăмахран, пире, Испанири коммунистсене, хамăрăн ĕçе çав-çавах чăрмантарса тăракан сектантла концепцисенчен хăтăлма пулăшĕç. Вĕсем пире ĕçсемпи-социалистсемпе çеç мар, анархо-синдикалистсемпе тата католиксемпе çеç мар, наци буржуазийĕн вăйĕсемпе те хутшăнса ĕçлеме кирлĕ никĕс тупма пулăшĕç. Испанири коммунистсен киршĕн пыракан кĕрешри вăраха ямасăр пурнăçламалли задачисенчен пĕри вăл—рабочи класс пĕрлĕхне çирĕплетесси, пирĕн çĕршыва политикăлла уçăмлăхусем тăвас тесе мĕнпур вăйсене пĕрлештерекен наци фрончĕ туса хурасси пулать.

Унтан Ф. М. Дубковецкий юлташ (Украина парторганизацийĕ) тухса каланă. Пирĕн Черкассы облаçĕнчи «Здобуток жовтня» ялхуçалăх артелĕнчи колхозницăсем, тенĕ вăл, пире, Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XX съезчĕн делегачĕсене, хĕрÿллĕ салам калама ыйтрĕç. Дубковецкий юлташ хăйсен ялхуçалăх артелĕн çитĕнĕвĕсем çинчен каласа панă. Иртнĕ çул колхоз тĕштырă, сахăр кăшманĕ тата апат-çимĕç туса илессине, 1954 çулхипе танлаштарсан, икĕ хут ÿстернĕ, выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхĕ чылай ÿснĕ. Кашни гектартан 27-шер центнер тĕштырă, 37-шер центнер сахăр кăшманĕ пухса кĕртнĕ, çĕрĕн кашни 100 гектарĕ пуçне 386-шар центнер сĕт суса илнĕ. Пилĕкçуллăх вĕçĕнче колхоз гектартан 30 центнертан кая мар тырă туса илме, сухаласан çĕрĕн, улăх-çарансен кашни 100 гектарĕ пуçне 700 центнер таран сĕт суса, 100 центнер таран апат-çимĕç туса илме йышăннă.

Малалла Дубковецкий юлташ сахăр кăшманĕн хатĕрлев хакне улăштарма кирли çинчен, колхозсен руководителĕсене специалистсене ĕçĕшĕн тÿлемелли йĕрке çинчен, ватăлса ĕçлеймн пулса юлнă колхозниксемпе колхозницăсене пулăшмалла тăвасси çинчен каланă, ялхуçалăх артель Уставĕн хăшпĕр положенийĕсене улăштарма сĕннĕ.

Унтан А. М. Панкратова юлташа (Мускав парторганизацийĕ) сăмах панă. Вăл çакăн çинчен каланă: идеологилле ĕçри коммунистсем Центральнăй Комитетăн паха кăтартăвĕсем хыççăн кирлĕ пек ĕлкĕрсе пыраймаççĕ. Обществăлла наукăсене аталантарас ĕç чылай кая юлса пынине йышăнас пулать. Н. С. Хрущев юлташ хăйĕн докладĕнче çакна палăртрĕ: хальхи вăхăтра марксизм-ленинизм теорийĕн экономикăлла енĕсем, конкретлă экономика ыйтăвĕсем малти вырăна тухса пыраççĕ. Ку таранччен пирĕн наука работникĕсем, экономистсем хуçалăх ыйтăвĕсене тапса парас ĕçре партие сахал пулăшрĕç. Нумăрсан, коммунизм строительствин практикинчен уйрăлса кайни — çакă пулать ĕнтĕ ученăй-экономистсен тĕп никĕсĕ. Кая юлса пыни истриксем хушшинче те пур. Съездра, сăмахран, совет обществине тĕпчесе вĕренес ĕç кая юлса пынине тĕрĕс палăртрĕç.

Ситес çул, тенĕ оратор, Октябрьти Социализмла Аслă революци 40 çул тултарать. Октябрьти революципе совет обществин пĕтĕçсерее паракан историйĕ кирлĕ. Çавăн пек кĕнеке истори тĕлĕшне çеç мар, пирĕн кадрсемшĕн, пĕтĕм тĕнчери рабочисен юхăмĕн деятелĕсемшĕн практикăра та усăллă пулĕ. Коммунистсен аслă партийĕн историне вĕренес ĕçе чăн-чăн наука шайне çити хăпартасси вăраха ямасăр пурнăçламалли ĕç пулса тăрать.

П. И. Доронин юлташ (Смоленск парторганизацийĕ) çапла каланă: Хрущев юлташ докладĕнче партипе ĕçе лайăхлатасси çинчен калакан требованисем уйрăмах пысăк пĕлтерĕшлĕ. Хăй вăхăтĕнче Смоленск облаçĕнчи парторганизацисем организаторла ĕçе вăйсăрлатнăччĕ. Çавна пула 1953 çулта ялхуçалăхĕнче йывăрлăх пулса тăнăччĕ.

КПСС Центральнăй Комитечĕн Пленумĕсенче пирĕн ĕçе тĕрĕс критиклени, тенĕ Доронин юлташ, парти организацийĕсен организаторла ĕçне лайăхлатма пулăшрĕ. Область организацийĕсемпе хуласенчи организацисенчен илĕ районсене ĕçлеме икĕ 2 пин коммунист ячĕр колхозсемпе совхозсен хуçалăхне вăйлатас ĕçре пысăк вырăн йышăнчĕç. Колхозсен ĕçне лайăхлатни уйăхсеренех авана пĕрсе тăмалла йĕрке тума пулăшрĕ. Халĕ 1.408 колхозран 1.391 колхоз çавăн пек йĕрке çине куçнă. Колхозниксем ĕçри активлăхĕ ÿснĕ. 1953 çулта ĕçлеме пултаракан кашни колхозник вăтам шутпа илсен, 288 ĕçкунĕ тунă пулсан, 1955 çулта вара 380 ĕçкунĕ таран тунă.

Облаçра йĕтĕн туса илессине ÿстерес тĕлĕшпе пурнăçланă ĕçсем çинчен сăмах хускатса, Доронин юлташ йĕтĕн молотилкисем нумайрах туса кăларасси çинчен ыйту партинă, сакă вăл йĕтĕн сÿсĕн пахалăхне лайăхлатма май пана пулĕччĕ, тенĕ.

Малалла В. Кодовилья юлташ тухса каланă. Ăна делегатсемпе хăнасем ăшшăн кĕтсе илнĕ. Аргентинари Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн ячĕпе вăл Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XX съезчĕн делегачĕсене хĕрÿллĕ, тăванла салам калать. Аргентинари халăх массисем, Латинла Америкăри ытти мĕнпур çĕршывсенчи халăхсем пекех, тенĕ Кодовилья юлташ, çакна курса тăраççĕ: Совет Союзĕ, çавăн пекех Китай Халăх Республикине тата ытти халăх демократи çĕршывĕсем тытса пыракан мир политикине пула пирĕн мĕнпур вăйсене пĕтĕм тĕнчери хăвăрлă фронта, çĕнĕ вăрçă пуслама чарса тăма пултаракан фронта пĕрлештерме май килчĕ.

Капитализмла, колониалле тата пăхăнса тăракан çĕршывсенчи халăхсене хĕн-хур кăтартакан кризисла явленисем çивĕчленсе пыни тапхăрта, тенĕ Кодовилья юлташ, эсир халăхсене шухăшлаттаракан ыйтусене прогрессивлă майпа татса паратăр. Эсир коммунизм строительствин историлле ĕçĕнче, мире сыхлас ĕçре тăвакан кашни утăм халăхсен наци тата социальнăй пурнăç тĕлĕшĕнчи ирĕклĕхшĕн пыракан кĕрешĕвне пулăшать.

Н. А. Булганин юлташ Америкăри «Висион» журнал редакторĕн ыйтăвĕсем çине панă ответсем çинчен сăмах хускатса, Кодовилья юлташ çапла каланă: çак заявлени Латинла Америкăри çĕршывсенчи мĕнпур социальнăй сийсене, пролетариатран пуçласа наци буржуазийĕ таранах, хытă шухăшлаттарчĕ. Латинла Америкăри халăхсемшĕн империализмла çĕршывсен çул-йĕрĕпе СССР çул-йĕрĕ хушшинчи уйрăмлăх татах та уççăнрах курăнчĕ. Империализмла çĕршывсем хăйсен суту-илÿ сыхăнăвĕсенче политика тата çар енĕпе условисем йышăнтараççĕ, наци суверенитетне пĕсеççĕ, Совет Союзĕ вара политика енĕпе пĕрне каярах, теприне маларах хумасăр, пĕртанлăх никĕсĕ çинче, пĕр-пĕрне усă кÿрес, кашни çĕршывăн суверенитетне хисеплени никĕс çинче сыхăнусем тытма сĕнет.

Латинла Америкăри халăхсем Совет Союзĕпе унăн мир политикине ытларах та ытларах юратаççĕ тата хисеплеççĕ. Çакă вăл юлашки вăхăтра, Совет правительстви Америкăри Пĕрлешÿллĕ Штатсене ССР Союзĕпе США хушшинче туслă пурăнасси тата килĕштерсе ĕçлесси çинчен договор тума сĕннĕ хыççăн, уйрăмах уççăн палăрчĕ.

Председатель пулса ертсе пыракан М. А. Суслов юлташ çапла пĕлтернĕ: КПСС Центральнăй Комитечĕн отчетлă докладĕ тăрăх пренире 51 çын тухса каланă. Президиума прение чарса лартасси çинчен сĕнÿ панă. Ку сĕнĕве йышăннă.

Председатель пулса ертсе пыракан çапла пĕлтерет: Н. С. Хрущев юлташ юлашки сăмах каласшăн мар, мĕншĕн тесен тухса каланă мĕнпур юлташсем КПСС Центральнăй Комитечĕн отчечĕн положенийĕсемпе тата вывочĕсемпе пĕтĕмпех килĕшнĕ.

Ф. Р. Козлов юлташа сăмах параççĕ. Мускав, Ленинград, Украина, Белоруссия, Грузи, Узбек, Латви, Свердловск, Горький тата Ростов парторганизацийĕсем ячĕпе вăл КПСС Центральнăй Комитечĕн отчетлă докладĕ тăрăх çакăн пек постановлени йышăнма сĕнет:

«Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн ĕçĕ çинчен КПСС Центральнăй Комитечĕн Пĕрремĕш Секретарĕ Н. С. Хрущев юлташ тунă доклада итлесе тата сÿтсе явса, Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XX съезчĕ çапла йышăнать:

КПСС Центральнăй Комитечĕн политикăлла çул-йĕрĕпе практикăлла ĕçне пĕтĕмĕшпех ырласа».

Делегатсем çак постановление йышăнассишĕн пурте пĕр кăмăллă пулса сасăланă. Залра нумайччен тăвăллăн алă çупаççĕ. Пурте ура çине тăраççĕ.

Суслов юлташ çапла калать: КПСС Центральнăй Комитечĕн отчетлă докладĕ тăрăх парти съезчĕ йышăнакан резолюци проектне хатĕрлес тĕлĕшпе ĕçлекен комисси туса хума, çапла вара партин XVI съезчĕ таранччех ялан пулнă лайăх йăлана малалла тăсăрма сĕнÿ пур. Съезд çак комиссие пĕр сасăпа пулса суйланă. Комисси составĕ: Н. С. Хрущев (председатель), А. Б. Аристов, С. Бабаев, Н. И. Беляев, Н. П. Бойцов, Л. И. Брежнев, Н. А. Булганин, К. Е. Ворошилов, Б. Гафуров, А. Д. Даниалов, Г. А. Денисов, П. И. Доронин, И. К. Жегалин, Г. К. Жуков, Н. Г. Игнатов, С. Д. Игнатьев, Л. М. Каганович, Я. Э. Калнберзин, И. Т. Кальченко, И. В. Капитонов, А. П. Кириленко, А. И. Кириченко, Н. В. Киселев, Ф. Р. Козлов, И. Г. Кобин, О. В. Куусинен, А. Н. Ларионов, Г. М. Маленков, В. П. Мжаванадзе, А. И. Микоян, Н. А. Михайлов, В. М. Молотов, З. Н. Муратов, И. Д. Мустафаев, Н. А. Мухитдинов, Н. Н. Органов, Н. С. Патоличев, М. Г. Первухин, П. К. Пономаренко, П. Н. Поспелов, В. Г. Нысин, И. Р. Раззаков, М. З. Сабуров, В. Т. Сердюк, А. Ю. Снечкус, А. И. Струев, В. М. Суслов, М. А. Суслов, Ф. Е. Титов, С. А. Товмасян, Е. А. Фурцева, Н. М. Шверник, А. И. Шелепин, Д. Т. Шепилов, А. И. Школьников.

Унтан съезд КПСС Центральнăй Ревизи Комиссийĕн отчетне çирĕплетесси çинчен постановлени йышăннă.

Февралĕн 21-мĕшĕнче съезд малалла ĕçлет. (ТАСС).

### Февралĕн 21-мĕшĕнчи ирхи лару

Февралĕн 21-мĕшĕнче Мускавра, Кремльти Пысăк керменре Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XX съезчĕ малалла ĕçленĕ.

Съезд кун йĕркинчи тепĕр ыйтăва: СССР халăх хуçалăхне 1956—1960 çулсенче аталантармалли улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе КПСС XX съезчĕ паракан Директивăсене пăхса тухма тытăннă.

Лару председателĕ И. Г. Кабин юлташ доклад тума СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕ Н. А. Булганин юлташа сăмах панă. Делегатсемпе хăнасем Булганин юлташа тăвăллăн алă çупса кĕтсе илнĕ.

Доклад ирхи лару хупăничченех пынă. Ларура делегатсемпе хăнасем доклада питĕ тимлăн итленĕ, залри мĕнпур çынсем доклада çыханнисене хĕрÿллĕн ырланине темиçе хутчен те палăртнă.

# Д. Т. Шепилов юлташ сăмахĕ

Юлташсем! Центральнăй Комитет Коммунистсен партийĕн XX съездне туса панă отчетлă докладра кучуххехи тĕнчери лару-тăрăва таранăн, пур енчен те илсе марксистла-ленинла анализ туса кăтартнă. Унта пирĕн çĕршыври хуçалăх, государство тата культура строительствин итогĕсене наукăлла пĕтĕмĕшлетсе панă. Кунта пĕрлех докладра халăх хуçалăхĕнче çитес çывăх çулсенче пурнăçламалли пысăкран та пысăк задачăсене кăларса тăратнă, çавăн пекех тата марксистла-ленинла теорин паха положенийĕсене, наукăлла коммунизм идейисен чаплă çĕнтерĕвĕшĕн малалла кĕрешсе пымалли малашлăха туса кăтартакан положенисене, аталантарнă.

Центральнăй Комитетăн отчетлă докладĕ çĕннине туйса тăнине кăтартать, вăл творчествăлла тĕнчевсем тунине тата пуçарулăн хĕрсе ĕçленине, çитменлĕхсене хирĕç çирĕппĕн кĕрешсе пынине кăтартать, çаксем ĕнтĕ партин ертсе пырас ĕçĕнчи ленинла стилĕн тивĕçлĕхĕ пулаççĕ, вĕсем Центральнăй Комитетăн пĕтĕм ĕçĕнче, пирĕн партин пĕтĕм ĕçĕнче палăрса тăраççĕ.

Чăнах акă. Тĕнчери хутшăнусенех илерха, Тĕнчери лару-тăрăва сăмахлатма тесе, юлашки тапхăрта Центральнăй Комитет темĕн чухлĕ хăюллă та пуçарулă ĕçсем тата паха утăмсем туса ирттерчĕ. Çакă хăйĕн усăллă результачĕсене пачĕ, çав результатсене Хĕвелтухăçĕнчи тата Хĕвеланăçĕнчи халăх массисем туйса тăраççĕ.

Шалти политика енĕпе илер, Центральнăй Комитет социализм экономикин тĕрлĕ участокĕсенче ĕç мĕнле тăнине питĕ тĕплĕн тишкерсе тухса хакларĕ, пирĕн хуçалăхри халиччен усă курман калама çук пысăк резервсене туйса уçса пачĕ, хамăрăн Тăван çĕршывăн пуянлăхĕпе вăй-хăвачĕн никĕсĕ пулса тăракан социализм производствин пур отраслĕсене те малалла хăватлăн çĕклесси яча совет çĕршывĕнчи ĕçченсене аслă пултарулла ĕçе мобилизацилерĕ. Центральнăй Комитетăн çак пуçарулă ĕçĕ те, партин массисем хушшинче туса ирттернĕ организаторла çав тери пысăк ĕçĕ пекех тата халăха воспитани парас тĕлĕшпе туса ирттернĕ çав тери пысăк ĕçĕ пекех, нумай усă пачĕ.

Пирĕн партин политики тĕрĕс пулнине, çак политика пĕтĕм государствăн тĕп интересĕсене, халăх интересĕсене палăртнине татăклăнах тата объективлă кăтартса тăракан пĕр кăтарту палли пур. Çак кăтарту палли вăл — парти пурнăçласа пыракан мĕнпур мероприятисене ĕççыннисен массисем пĕр шухăш-кăмăллă пулса ырлани, рабочи класс, колхоз хресченĕсем, совет интеллигенцийĕ парти тавра, унăн Центральнăй Комитечĕ тавра калама çук çирĕппĕн пĕтĕçсе тăни пулать. (Алă çупаççĕ).

Иккĕленмелли çук, Центральнăй Комитетăн отчетлă докладне, вăйĕр чĕрĕ те ĕмĕрех аталанса пыракан вĕрентĕве — марксизм-ленинизмăн пурне те çĕнтерсе пыракан аслă вăйне яр-уççăн кăтартса паракан çак доклада, пирĕн съезд хĕрÿллĕ ырласа кĕтсе илнĕ пекех, ăна пĕтĕм парти, пĕтĕм совет халăхĕ, тĕнчери пĕтĕм прогрессивлă вăйсем те хĕрÿллĕн ырласа кĕтсе илĕç. (Алă çупаççĕ).

* * *

Н. С. Хрущев юлташăн докладĕнче хире-хирĕçле икĕ система—социализм тата капитализм системисен—аталанăвĕн закономерноçĕсене питĕ витĕмлĕн тата йĕркипе кăтартса панă. Историлле аталану мĕнле пулса пыни пĕтĕмĕшпех аслă Ленинăн çак положенине: кучуххехи самана капитализм системи çĕрсе шăйăлса пымалли тата пĕтсе лармалли самана, çĕнĕ, социализм системи ÿссе тĕрекленсе тата хăватлăн чечекленсе пымалли самана пулни çинчен калакан положенине татăклăнах çирĕплетсе пачĕ. Халĕ ĕнтĕ капитализм пĕр-пĕтĕм система, пĕтĕм тĕнчене çавăрса илнĕ система, пулса тăма пăрахрĕ, тени кăна çителĕксĕр. Ку вăл тĕнчери иккĕмĕш вăрçă результачĕсене пула килсе тухнă тĕнчипе палăлă историлле улшăну пуличчен тĕрĕс пулнă. Халĕ ĕнтĕ социализмлă отношенисем пĕр пирĕн çĕршывра кăна мар çирĕпленсе ситрĕç, вĕсем Европăри тата Азири чылай çĕршывсенче те çирĕпленчĕç, социализм вара ÿссе тата тĕрекленсе пыракан тĕнчери система пулса тăчĕ.

Тĕнчери иккĕмĕш вăрçăччен социализм системи тĕнчипе çĕр чăмăрĕ территорийĕн 17 процентне, халăх йышĕн 9 процентне яхăн тата тĕнчера промышленность продукцийĕн 7 процентне тивнĕ. Хальхи вăхăтра социализм лагерьне кĕрекен çĕршывсем çĕр чăмăрĕ территорийĕн 25 процентне йышăнаççĕ, çак çĕршывсенче çĕр чăмăрĕ çинчи пĕтĕм халăх йышĕн 35 процентне яхăн пурăнать, çак çĕршывсен тÿпине пĕтĕм тĕнчери промышленность продукцийĕн 30 процентне яхăн тивет.

Социализм системи çав тери пысăк хăвăртлăхсемпе ÿссе тĕрекленсе пырать, пĕр обществăлла формаци тепĕр формацине улшăннă чухне çакăн пек хăвăртлăхсем пулнине историре халиччен курман. Чăнах та, феодализма, чуралăх обществин хуçалăх системи умĕнче хăй малта тăнине кăтартса памашкăн тата нуçпулса тăракан производстве меслечĕ пулса çирĕпленмешкĕн ниçĕр çул ытла кирлĕ пулнă. Капитализмла хуçалăх системине, феодализм умĕнче хăй малта тăнине кăтартса памашкăн, индустри аталанăвĕн çулĕ тăракан шайне ÿссе çĕкленмешкĕн тата тĕнче системи пулса ситмешкĕн çĕрĕллĕ çула яхăн кирлĕ пулнă. Социализм системи, ĕмĕрĕн пĕр виççĕмĕш пайĕ чухлĕ вăхăт хушшинчех, капитализм умĕнче хăй пур енчен те малта тăнине кăтартса пачĕ кăна мар, вăл пĕр вĕçĕмсĕр малалла аталанса пыракан тĕнчери система пулса тăчĕ.

Историри фактсем çакăн пек. Çапла пулин те буржуа идеологĕсем, фашистла [illegible] вăрах, кучуххехи капитализма наукăлла хак панине, вăл çĕрсе-ишĕлсе тата вилсе пыракан система пулса тăрать, тенине сирсе пăрахма хăтланаççĕ, капитализма вăл ырă сывлăхлă пек тата чечекленсе пыракан система пек кăтартма хăтланаççĕ. Нумаях пулмасть-ха, январĕн 5-мĕшĕнче США конгресне президент янă посланире: «Пирĕн экономика... халиччен курман чечекленÿ шайне ÿссе [illegible]», тенĕ.

Çапла-и ку? Цифрăсем илсе пăхар. Юлашки 26 çул хушшинче капитализм тĕнчинче промышленность продукцийĕн калăпăшĕ 93 процент ÿснĕ, урăхла каласан, икĕ хутран та каярах ÿснĕ, Совет Союзĕнче вара—20 хут ытла ÿснĕ. Анчах, ни малтан, çавăн пек ыйту тухса тăрать—капитализм промышленноçĕн çав питех те пысăк мар ÿсĕмне мĕнле никĕс çинче тунă-ха? Н. С. Хрущев юлташ докладĕнче капитализм производствине пысăк мар ÿсĕм тума май панă тĕрлĕ тĕп фактора анализ туса кăтартнă. Эпĕ çав факторсенчен пĕрин çинче тĕплĕнрех чарăнса тăрасшăн.

Пуринчен вăйлăрах аталаннă капитализм çĕршывне—Америкăри Пĕрлешÿллĕ Штатсене илер, унта ĕмĕрĕн çак пĕр чĕрĕкĕ хушшинче промышленность производстви 134 процент ÿснĕ. Фактсем çакна кăтартаççĕ: унти производство милитаризм çĕрри çине ÿкнĕ çаксарнĕ. Тенчери иккĕмĕш вăрçă Америка монополийĕсемшĕн ылтăн çăккус пулса тăнă, шăпах çавна пула ĕнтĕ 1943 çул тĕлне промышленность производстви унта чи çÿлĕ шая çити ÿссе çĕкленнĕ. Анчах вăрçă пĕтнĕ хыççăнах Америка промышленноçĕн производствăна 30 процента яхăнах чакарма тивнĕ. Çавăн хыççăн икĕ хутчен — 1948—1949 тата 1953 çулсенче—кризис сывхарнине пула производство чакнă, хальхи вăхăтра вара США промышленноçĕ хăй 1943 çулта çитнĕ шайран кăштах кая çÿлерех тăрать.

Хĕçпăшал ытларах туса кăларассипе кăтартса, экономикăна милитаризацилесе, Америка монополийĕсем хуçалăх конъюнктурине искусственнăй майпа çĕклентерсе яма хăтланаççĕ. Наци тупăшĕн çав тери пысăк пайĕ государство бюджечĕ урлă вăрçă заказĕсемшĕн тÿлеме каять. Государствăлла-монополистла капитализмăн тĕрлĕрен формисем чылаях вăй илсе пыраççĕ. Туса хатĕрленĕ продукцин тата чĕрт-тавар ресурсĕсен калама çук пысăк масси производствăшăн усăсăр çĕре, вăрçа хатĕрленме каять е стратегилле запассем пулса усăсăр выртать. Вăрçă хыççăнхи çулсенче США-н çар енĕпе тăвакан расхочĕсен пĕтĕм хисепĕ 340 миллиард доллартан иртсе кайрĕ.

Хĕçпăшалланма çав тери пысăк расходсем туни государство бюджечĕ вĕçĕмсĕрех дефицитлă пуласси патне, финанс системин пăсăлса каясси патне илсе пырать. Çĕршывра сÿрекен укса-тенкĕ хисепĕ 1954 çулта, вăрçă умĕнхи вăхăтрипе танлаштарсан: Англире—3,5 хут, США-ра—4,7 хут, Канадăра—6 хут, Францире—23 хут, Италире—80 хут, Японире—200 хут ÿснĕ. Укса единицин реальнăй хакĕ 1954 çулта, 1938 çултипе танлаштарсан, çакăн пек пулнă: Америка долларĕн—46 процент, Англи фунт-стерлингĕн—31 процент, Франци франкĕн—3,7 процент, Итали лирĕн—2 процент, Япони иенĕн—0,5 процентран та сахалтарах. 1955 çулта государствăн тата уйрăм харпăрлăх тытакансен тĕрлĕ парăмĕсем Пĕрлешÿллĕ Штатсенче (Америкăра пичетленĕ сведенисем тăрăх) 600 миллиард доллартан иртсе кайнă. Çак цифра США-н пĕтĕм наци пуянлăхĕн виçĕ пайĕн икĕ пайĕнчен те ытларах.

Саксенче пуринче те капитализм аталанăвĕнчи кучуххехи тапхăрăн закон йĕркипе пулса пыракан палăрăмĕсем курăнмасăр тухса тăраççĕ: капитализм пĕрмаях милитаризма çĕклентерсе пыма хушать. Анчах пурнăç çакна кăтартса пачĕ: вăрçă валли государство енĕпе миллиардшарлăх заказсем пани тата тÿрремĕнех вăрçăлла агресси туни, паллах, экономикăлла кризиса кĕрсе ÿкессине хăшпĕр таран чăрмантарса тăма е çав кризисăн аталанăвне вăхăтлăха чарса лартма пултарать. Корейăра вăрçă вăрçнă май, Америкăри Пĕрлешÿллĕ Штатсенче ку шăпах çапла пулса пычĕ те. Хальхи вăхăтра та, Хĕвеланăç Германин дивизийĕсене туса хумалли тата вĕсене хĕçпăшаллантармалли пысăк плана пурнăçланă май, çавăн пекех пулса пырать. Анчах кризиса кĕрсе ÿкессине вăхăтлăха чарса лартни вăл пĕр ĕç, объективлă экономикăлла законсен ĕçне [illegible] сăмахрессипе [illegible]—пачах та тепĕр ĕç пулса тăрать.

Çакăн пирки Америкăри прогрессивлă экономист Люмер çапла çырать: «Вăрçă хатĕрĕсен производствине экономикăлла кризисенчен хăтăлмалли панацея вырăнне курнине çав производствăна чĕртсе ярса, монополилле капитал наркомана аса илтерет: наркоман хăй ĕçнĕ наркотик дози малтанах кăмăллă ырă туйăм парать. Анчах каярахпа çакă чирлеттерсех ярать, çак чиртен наркотикăн çĕнĕ, пысăкрах дозине ĕçсе кăна хăтăлма пулать. Çапла вара кашни çĕнĕ доза ĕçмессеренех ырă кăмăллă туйăм вăйсăрланса пырать, чир палăрăмĕсем йывăрланнăçемĕн йывăрлансах пыраççĕ, юлашкинчен наркоман, наркăмăш дозине ытлах та час-часах ĕçме тытăнса, хăйĕн организмне пĕтерсех хурать».

Вăрçă хыççăнхи тапхăрти пĕтĕм экономикăлла аталану капитализм пĕр тан мар тата сиккипе аталанни малалла вăйланса кайасси патне илсе пычĕ. Ĕççыннисен массисене тата хытăрах эксплуатациленипе экономикăна анлăн милитаризацилени, налогсен йывăрлăхĕ ÿссех пыни çынсем таварсем туянма пултарассине татах та чакарать, халăха кирлĕ таварсем туса кăларакан производство отраслĕсем малалла ÿсме пăрахасси патне, кулана хушшинчи хирĕçÿсене çивĕчлетсе ярасси патне, пĕтĕм экономика пĕр енлĕн аталанасси патне илсе пырать, çаксем пурпĕрех йывăр кризиса кĕрсе ÿкмелли тата [illegible] социальнăй кисретÿсем пулмалли малтанхи условисене туса хатĕрлеççĕ.

Экономикăлла йывăрлăхсем тарăнланса пынине кура, чĕртавар çăлкуçĕсемшĕн тата таварсем сутма кирлĕ рынoксемшĕн кĕрешÿ уйрăмах çивĕччĕн саралса пырать. Капитализмăн шалти рынокĕсем, рабочи класс относительнăй тата абсолютнăй чухăнланса пымалли законăн ĕçне пула тата хресченсем юхăнса пынине пула, ытларах та ытларах пĕчĕкленсе пыраççĕ пулсан, чылай çĕршывсем социализмла аталанас çул çине кунни тата империализмăн колониалле системи малалла та ишĕлсе пыни вара капитализмăн тулашри рынокĕсене пĕчĕклетсе хучĕ, Америка монополийĕсем пĕтĕм тĕнчери тĕрлĕ çĕршывсем хушшинче рынoксем урлă тахçантанпах тĕреленсе пынă историлле сыхăнусене ятарласах татса пăрахрĕç, вĕсем социализм çĕршывĕсемпе суту-илÿ тума чăрмантарса тăраççĕ. Америка монополийĕсен çавнашкал политики рынoксем пирки тăракан ыйтăва тата ытларах çивĕчлетет, монополисен маневрĕсем тумалли майĕсене хĕссе пырать. Çавăнпа та империализмла вăйсем хушшинче, рынoксемшĕн тата чĕртавар çăлкуçĕсемшĕн пыракан кĕрешÿ, пуринчен малтан, США-па Англи хушшинче пыракан кĕрешÿ, çав тери çивĕчленсе çитрĕ, халĕ тата çав кĕрешĕве иртнĕ вăрçă кисрентерĕвĕсем хыççăн ураланнă икĕ держава, Хĕвеланăç Германипе Япони, хутшăнчĕç.

Тулашри конъюнктурлă явленисем хыçĕнче пытанса тăракан тарăн процессене илсе пăхсан, капитализм системи аталанăвĕн ĕçĕсем çавăн пек пулса пыраççĕ. Çавăнпа та халĕ, çирĕммĕш çулсен сурринчи тапхăрта каланă пек, капитализм мĕнле те пулин, хăшпах та пулин, условно та хĕсĕккĕн те пулин стабилизациленсе пыни çинчен каласма май çук.

Çакăнтан, çапах та, капитализм производстви танлăшĕнех чакса пырать, тесе ансат выводсем тума юрамасть. Марксистсем-ленинецсем капитализмăн «стагнацийĕ» пулать, тенек теорие ялан татăклăн сирсе пынă, çав теори—империализм тапхăрĕнче капитализм çĕрсе пыни производительнăй вăйсем «пĕлĕнсе ларнине», вирек мĕнле техника прогресĕ те чарăнса ларнине пĕлтерет, текен йăнăш та наукăлла мар шухăш пулса тăрать.

Чи пысăк услам илме хапсăнни, рынок пĕчĕкленни капитализм çĕршывĕсем хушшинчи, вĕсен монополийĕсем хушшинчи конкуренцие халиччен хинчен темиçе хут ытларах çивĕчлетет, çак конкуренци пурпĕрех тĕп капиталла çĕнетес процеса малалла тĕртсе пырать. Чылай отраслĕсенче техника самаях малалла каять, пысăк тухăçлă çĕнĕ оборудование ĕçе яраççĕ, производствăна тĕрлĕ майсемпе лайăхлатса пыраççĕ. Империализмăн, тенĕ Ленин, икĕ тенденци кĕрешни характерлă пулса тăрать—техника тĕлĕшпе малалла кайма чарăнас, çĕрсе пырас тенденци тата çакна хирĕ-хирĕçле тенденци—конкуренцие пула тата монополистсем чи пысăк услам хыççăн хăвалланине пула техникăна ÿстерес тенденци.

Капитализм монополийĕсем ĕççыннисен пурнăç интересĕсем çине тапăнса пыни, капитализмла чи пысăк çĕршывсенче ĕçсĕррисен тата вăхăтран вăхăта тупăнакан ĕçпе пурăнакансен шучĕ пысăк пулни, пурнăç çав тери хакланса кайни, тавар туса кăларакан вак-тĕвек производительсем юхăнса пыни, налогсен йывăрлăхĕ ÿсни—саксем вĕсем пурпĕрех ĕçпе капитал хушшинчи хирĕçÿсем хытă çивĕчленсе каясси патне, ĕççыннисен массисем вăрçă хатĕрĕсем ытларах туса кăларас политикăна хирĕç, пĕтĕм капитализмла пусмăрлăх системине хирĕç вăйлăнрах кĕрешесси патне илсе пыраççĕ.

* * *

Юлташсем! Центральнăй Комитетăн отчетлă докладĕнче çакна кăтартса панă: капитализм системин тĕп центрĕсенче—метрополисенче хирĕçÿсем çивĕчленсе пынипе пĕрлех, питĕ пысăк колонисенче пурăнакан халăхсен хăйсен ирĕклĕхĕпе никама пăхăнманлăхĕшĕн пыракан çĕнтерÿллĕ кĕрешĕвĕ, пĕтĕм тĕнчипе палăл историлле процесс сарăлса пырать.

(Малалли 3-мĕш страницăра).

## СОВЕТ СОЮЗĔНЧИ КОММУНИСТСЕН ПАРТИЙĔН XX СЪЕЗЧĔ

# Д. Т. Шепилов юлташ сăмахĕ

(Малалли).

Ленин çапла кăтартса панă: «Капитализм хăй аталаннăçемĕн «малта пыракан» çĕршывсен пĕчĕк ушкăнĕ çĕр çинче пурăнакан халăх йышĕн калама çук пысăк ытларахăшне колони йĕркипе пусмăрламалли тата финанс енĕпе пăвса антăхтармалли тĕнчери система пулса тăчĕ». (Соч., 22 т., 179 стр.).

Капитализм колониалле пусмăрлăхăн çав тери пысăк пирамидине туса хунă. Çак пирамидăн чи тăрринче шурă расăн нумай йышлă мар держависем тăнă, вĕсенчен аяларахра, колонисем тытакан «господасене» хăш таран пăхăнса тăнине кура, ытти тĕрлĕ çĕршывсем вырнаçнă, çав сооруженин мĕнпур йывăрăшĕ, тÿсме çук асаплă пусмăр пулса, этемĕн иепле прависене те паман, нимĕнле тивĕççĕр хăварнă халăхсене-парисене пусса хĕсĕрлесе тăнă.

XX-мĕш çĕрçуллăх пуçланнă тĕле акă мĕнле лару-тăру пулса тăнă, ăна империализмăн паллă идеологĕ, Британи империйĕн «апшĕ» Сесиль Родс питĕ лайăх сăнласа панă. Унăн чĕлхине колониалистсен ют çĕрсене туртса илессĕн вĕçĕмсĕр антăхса çуннине каласа панă ĕнтĕ. Вăл çапла çырнă: «Тĕнчене пĕтĕмпе пекех уйăрса пайласа пĕтернĕ, унтан юлашки мĕн юлнине халĕ уйăрса пайлассĕ, çĕнтерсе тытса илессĕ тата колонизацилессĕ. Эпир çĕрле хамăрăн пуç тăрринче, тÿпере йăлтăртатакан çăлтăрсем патне çитме пултарайманнишăн питех те шел вара. Эпĕ, пултарас пулсан, планетăсене туртса илнĕ пулăттăм; çакăн çинчен эпĕ час-часах шухăшлатăп. Вĕсем çавăн пек çуттăн çиçнине, çавăнпа пĕрлех тата çав таранах инçе пулнине курсан, манăн чун хурланса каять». (Залра хускалса илесçĕ). Империалистла пусмăрçăсем колониализм системине ĕмĕрлĕхе пыракан система тесе шутланă, ăна кирлĕ пек йĕрке, тесе шутланă. Англи генерал-губернаторĕ Дальхаузи лорд хăйĕн вăйĕ çине ытлашши шанса çапла каланă: «тÿпере хĕвел хăçанччен сутатса тăрĕ, çавăнччен Англи ялавĕ... Бирма çинче вĕлкĕшсе тăрĕ»,—тенĕ.

Истори çакна кăтартса пачĕ: колонизаторсем çăлтăрсем патне çитеймерĕç, çĕр çинче вара, колонисен тĕнчин çав тери пысăк талкишĕсенче, нацилле ирĕклĕх юхăмĕн хумĕсем вăйлăрах та вăйлăрах сарăлса пырассĕ.

Империализма тата унăн тылĕсене Октябрьти социализмла революци калама çук вăйлăн пырса çапрĕ. Колонисенчи халăхсене пусмăрламалли çав тери пысăк пирамида пирĕн куç умĕнчех йăшăса пырать. 1939 çулта колониалле çĕршывсенче тата пăхăнса тăракан çĕршывсенче 1,5 миллиарда яхăн халăх пурăнатчĕ. Халĕ ĕнтĕ 1 миллиард та 200 миллион çын ытла колониалле тата çурма колониалле пусмăрлăха сирсе пăрахрĕç.

Империализмăн тата феодализмăн хуçăлăнусен сăнчăрĕсене татса пăрахса, аслă Китай çĕнĕ пурнăç тăвас çул çине тăчĕ. Чăнах та ĕнтĕ, хăшпĕрисем Китай Халăх Республикине курасшăн-пĕлесшĕнех мар, анчах та, халăхра тĕрĕс калассĕ: Китайри аслă революцие Америка революцийĕ кирлĕ мар, тессĕ. (Тăвăллăн алă çупассĕ).

Халăх йыш енĕпе çĕр чăмăрĕ çинче иккĕмĕш вырăнта тăракан çĕршыв—Инди, çавăн пекех тата Индонези, Египет, Бирма тата ытти çĕршывсем те колониализм сăнчăрне сирсе пăрахса хăйсен нацилле никама пăхăнманлăхне çĕнтерсе илчĕç. Араб Хĕвелтухăçĕнчи, Африкăри, Латинла Америкăри халăхсем çĕклĕнсе ура çине тăрас аслă процесс тапранса кайрĕ. Колониализмăн пусмăр кÿрекен мăшкăллă пĕтĕм системи ишĕлсе анас пек кисренсе тăрать.

Анчах çакна манмалла мар: колониализма упраса хăварасшăн тăракан вăйсем хăйсем поражени тÿснине килĕшесшĕн мар, вĕсем истори кустăрмине каялла çавăрса ярасшăн. Вĕсем Азипе Африка тăрăхĕнчи плацдармсем çинче, Сывăхри тата Вăтаçĕр Хĕвелтухăçĕнче çирĕпленсе ларасшăн, Азири халăхсене, араб халăхĕсене пĕр-пĕрне хирĕç тăма хĕтĕртессĕ.

Сăмахран, колонизаторсен планĕсенче хальхи вăхăтра Африка уйрăмах паллă вырăн йышăнать. Африка ыйтăвĕ пирки çырнă кĕнекере Америка журналисчĕ Джон Гантер çапла çырать: Африка континенчĕ «хăйĕн стратеги тĕлĕшпе йышăнакан вырăнĕпе тата унта питех те кирлĕ чĕртавар нумайран та нумай пулнипе кăна мар хĕвеланăçри çĕршывсемшĕн çав тери пысăк пĕлтерĕшлĕ вырăн йышăнса тăрать, унăн пĕлтерĕшĕ çакăн пирки те питех те пысăк: çак континент пирĕн юлашки чикĕ пулать. Азин ытларахăш пайне сухатнă, Африка тăрса юлать».

Империализм идеологĕсем яланах империализм держависен колониалле çĕршывĕсенчи «цивилизаторла миссийĕ» çинчен калаçассĕ. Колониализмăн çĕнĕлле политикине вĕсем кăн юлнă тата начар аталаннă çĕршывсене экономикăпа культура тĕлĕшпе «пулăшу» панă пек туса çуя витĕкĕçĕпе витсе хурассĕ. Анчах та колониалле çĕршывсенчи тата пăхăнса тăракан çĕршывсенчи чăн-чăн лару-тăрăва нимĕнле витĕкĕçсем те витсе пытарма пултараймасçĕ. Сăмахран, колонизаторсен Африкăва мĕн илсе пынă-ха? Африкăри халăхăн чи пысăк ытларахăш пайĕ хутла пĕлмест. Нигерире, сăмахран, 133 пин çын пуçне пĕр врач тивет, Трансваальре вара—150 пин çын пуçне пĕр врач тивет. Англири журнал шутласа кăларнă тăрăх, Ньясалендере африканецсен вăтам ĕç укçи, налогсем тытса юлнă хыççăн, çав вырăнта пурăнма кирлĕ минимумăн 20 процентĕнчен пуçласа 40 процентчĕ чухлĕ кăна. Сурçĕр Родезире пурăнакан шахтер-африканец пĕр еверлĕ ĕçшĕнех шахтер-европеецран темиçе хут сахалтарах ĕç укçи илет. Юлташсем çĕршывсенчен килнĕ колонизаторсем кунта тĕлĕнмелле пысăк усламсем илсе пурăнассĕ.

Колониалистсем пуçпулса тăракан тата тепĕр питех те пысăк вырăн пур, капитализм тĕнчин кучухнехи хласĕнче тăракансем çак вырăна хуплакан витĕкĕçе усса кăтартма юратсах каймассĕ. Ку вăл—Латинла Америкăри çĕршывсем. Çак çĕршывсенчен нумайăшне Америкăри çав тери хăватлă монополисем аграрлă тата чĕртавар парса тăракан хушмăчи туса хунă, вĕсен экономикине пĕр енлĕ, тĕрĕс мар çулпа аталантарассĕ. Латинла Америкăри нылай çĕршывсенче пурăнакан халăхсен пурнăçĕ калама çук начарланса çитнĕ. Сăмахран, Кăнтăр Америкăри пĕр республикăра, Перура, Америкăри хаçатсенче пичетленнĕ сведенисем тăрăх, çын, вăтамран шутласан, 30 çултан каштах çеç ытларах пурăнать. США урăх çĕршывсенче тÿрремĕнех хунă пĕтĕм капиталовложенирен виçĕ пайне Латинла Америка çĕршывĕсенче хунă, çак çĕршывсенче вара Америка монополийĕсем илсе тăракан усламăн вăтам виçи Америкăри Пĕрлешÿллĕ Штатсенче илсе тăракан усламăн вăтам виçинчен икĕ хут ытла пысăкрах. Çавăнпа ĕнтĕ Сурçĕр Америкăри монополисем Латинла Америкăри çĕршывсенчи хăйсен привилегийĕсене çав тери çине тăрса хÿтĕленинчен тĕлĕнмелли те çук. 1954 çулта Гватемалăра пулса иртнĕ событисем кăтартса панă тăрăх, Сурçĕр Америкăри монополисем пусмăртă халăхсем тăрăкса [illegible] тÿрремĕнех интервенци тăвасси умĕнче те чарăнса тăмассĕ.

Чăннипе илсен, капитализм çĕршывĕсенчи пуçпулса тăмалли тата теприсене [illegible] система çавăн пек курăнса тăрать те ĕнтĕ. Çавăнпа та империализм идеологĕсем капитализмла эксплуатаци тĕнчине, колониализм пусмăрĕн тĕнчине «ирĕклĕ тĕнче» тесе ят пама усăсăрах тăрăшланин вăл калама çук намăссăрла иккĕпитленни, ăнланусен тĕп тупсăмĕнчен те та этем совесĕнчен ирсĕр мăшкăллани пулса тăрать.

* * *

Юлташсем! Пĕтĕм истори аталанăвĕ социализмлă обществăлла система капитализм системинчен малта тăнине кăтартса пачĕ.

Чăнах та, экономика аталанăвĕн хăвăртлăхĕсен ыйтăвне илсе пăхăпăр. Юлашки 26 çул хушшинче (1930—1955 çулсенче) промышленность продукци [illegible] çулталăкри вăтам хăвăртлăхĕ: ССР Союзĕнче—12,3 процент пулнă, США-ра—3,3 процент, Англире—2,4 процент, Францире—0,9 процент [illegible] икĕ хут ытла ÿсмелле тата вăрçă хыççăнхи 9 çул хушшинче, урăхла каласан, вăрçă пулман вăхăтри 20 çул хушшинче мĕнле аталанса пынине тапкăнтарса пăхсан, тата та витĕмлĕрех картина тухса тăрать. Çав хушăра промышленность продукци ÿсĕмĕн çулталăкри вăтам хăвăртлăхĕ: ССР Союзĕнче—18 процент пулнă, Америкăри Пĕрлешÿллĕ Штатсенче—2,8 процент, Англире—3,5 процент, Францире—3,5 процент. Çакă вăл социализм экономики капитализм экономики аталанăвĕн хăвăртлăхĕсенчен 5—7 хут иртсе, тата унтан та вăскаварах хăвăртлăхсене, малалла кайнине пĕлтерет.

Историре тĕрĕсленĕ çав опыт çинче, марксистла экономикăлла теори тĕреслĕ иккĕçĕ çапах никĕсленсе тăрать те ĕнтĕ пирĕн çакăн пек çирĕпрен те çирĕп ĕнену: икĕ системăн экономикăлла ăмăртăвĕнче социализм çĕнтерĕтех (алă çупассĕ). ССР Союзĕн экономикăлла тĕп задачине—кашни çын пуçне продукци туса кăларас тĕлĕшпе пуринчен ытларах аталаннă капитализм çĕршывĕсене хăваласа çитсе иртсе илас задачăна—историлле кĕске срокесенче пурнăçлатпăрах.

Социализм системи производительнăй вăйсем хăватлăн аталанса кайнине, эксплуатацие пĕтерсе хунине тата общество пурлăхĕсемпе паразитла усă курассине пĕтерсе хунине, экономикăлла кризиссем сукнине, обществăлла пуянлăха тирпейсĕр салатни сукнине пĕлтерет. Социализм системи çакăн пек йĕркене пĕлтерет: унта çыннăн пурнăç ыйтăвĕсене тивĕçтерессе, халăха ырă пурнăç туса парасси общественăлла производствăн тĕллевĕ пулса тăрать. Хĕвеланăçĕнчи тата Хĕвелтухăçĕнчи çĕршер миллион çынсен шухăш-кăмăлне çавăракан социализм идейисен хăватлă вăйĕн чи малтанхи тата чи тарăн сăлтавĕ çакăнта ĕнтĕ.

Çынсен шухăш-кăмăлне çавăракан çав вăйăн иккĕмĕш сăлтавĕ акă мĕнре пулать: социализм системи тĕрлĕ национальноссен аслă тăванлăхне туса хучĕ, вăл капитализм таптаса лутăрканă, пăчлантарса пынă массăсене историлле творчество çулĕшне çĕклерĕ, вĕсене хăйсен кун-çулĕн хуçисем туса хучĕ. Мĕнпур çĕршывсенчи простой çынсем, хăйсен лайăх пурнăç тăвас пĕтĕн шанчăкĕсене социализм идейисемпе çыхăнтарассĕ пулсан, çакăнтан нимĕн тĕлĕнмелли те çук!

Социализм идейисен çынсен шухăш-кăмăлне çавăракан хăватлă вăйĕ, виççĕмĕшĕнчен, çакăнта никĕсленсе тăрать: социализм пир халăхне мĕнпур халăхсен — пысăк халăхсемпе пĕчĕк халăхсен—тусăлăхĕн ялавне çÿлте тытса пырать. Пĕтĕм çĕр чăмăрĕ çинчи халăх массисем капитализм пусмăрне хирĕç тата [illegible] авантюрăсен политикине хирĕç кĕрешсе, мир тата социализм ялавĕ айне тăрса тачăрах та тачăрах пĕрлешессĕ пулсан, çакăнтан нимĕн тĕлĕнмелли те çук!

Социализм идейисем, массăсене анăрах та анăрах çавăрса илсе, ĕçпе пурăнакан этемлĕхе малалла илсе пыракан чăн-чăн хăватлă вăй пулса тăчĕç. Тепĕр енчен, капитализмлă общество стройĕн тата империализм идеологийĕн тÿрленеймин чирĕсемпе юхан-суранĕсем уççăнрах та уççăнрах палăрса пырассĕ. Икĕ система аталанăвĕн çак хире-хирĕçле сулĕсем, капитализм тĕнчин идеологилле стратегийĕн, çавăн пек калама юрать пулсан, тупсăмне палăртса тăрассĕ те ĕнтĕ.

Çак стратегин тупсăмĕ мĕнре-ха? Унăн пĕрремĕш тĕллевĕ çакăнта пулать: кучухнехи капитализмăн хыпарсисем, чи малтанах, капитализм çурчĕн фасадне темĕнле «халăх стилĕ» майлăрах туса сăрласа лартма тата ун çине пысăк сасăлисемпе «ирĕклĕ тĕнче» тесе çырса хума, çав фасад çинех çынсен кăмăлне илĕртекен, социализм идейисен хăватлă маякне хирĕç тăма пултаракан темĕнле çутăсем çутса яма хăтланассĕ. Америкăри авторсенчен пĕри, Джон Фишер, «США-н генеральнăй планĕ» ятлă хăйĕн кĕнекинче çапла çырать: «Пире мĕн çитмест—тĕллев, идеал çитмест, урăхларах каласан, Хĕвеланăçĕнчи çынсен чĕрисене кăвар лантарма пултаракан мираж çитмест».

США-н хальхи государство секретарĕн Даллесăн, 1950 çулта кăларнă «Вăрçă е мир» ятлă кĕнекинче апир çапла вулатпăр: «Пирĕн çĕршыва темскерле лайăх мар амак кипсе çаклачĕ... Пире динамикăлла тĕрĕс ĕненÿ çитмест. Çав ĕненÿсĕр пире ытти мĕн пурри сахал пулăшĕ. Çак çитменлĕхе тем пекех пултарулă политика деятелĕсемпе те, тем пекех ытĕр куракан дипломатсемпе те, темĕн те пĕр шухăшласа кăларма пултаракан ученăйсемпе те, çав тери хытă çĕмĕрсе иилĕтерекен бомбăсемпе те пĕтерме май çук».

Кучухнехи капитализмăн шухăш-кăмăл тĕлĕшĕнчи хĕсмăшалне çĕклесе пыракансем, капитализм çурчĕн фасадне маскăпа витсе лартмашкăн, мĕнлерех идеал шухăшласа кăларма шутлассĕ-ши, мĕнле «динамикăлла ĕненÿ» суккишĕн хуйхăрассĕ-ши вĕсем? Юлашки çулсенче çĕнĕрен шухăшласа кăларнă çавнашкал идеал вăл «çĕнĕ капитализм» текенни çинчен, е, империализм идеологĕсем тĕтăшах каланă пек, «халăх капитализмĕ» текенни çинчен калакан миф пулса тăчĕ. Çак миф калана тăрăх, кивĕ капитализм вилсе выртнă имĕш. Берли хушаматлă пĕр экономист çырнă тăрăх, «XX-мĕш ĕмĕрте... «капитализмла революци» пулса иртнĕ имĕш. Çак революци экономика тĕлĕшне те, классем хушшинчи хутшăнусем тĕлĕшне те тĕпренех улшăнусем туса иртте[р]нĕ пулать. Буржуалла публицистсенчен ирисем ку «çĕнĕ капитализма»—«плановăй экономикăллă» капитализм пек, е «пурне те ĕç тупса панă, балансне шайлаштарса çитернĕ экономикăллă» капитализм пек сăнласа кăтартассĕ. Теприсем çапла калассĕ: «çĕнĕ капитализм» капитализмăн монополисем хуçаланса хăтланнине пула килсе тухнă чир-чĕрсене хирĕç тăратмалли «шайлаштару вăйне» хăех туса хунă, тессĕ. Виçсĕмĕшĕсем тата çапла те калассĕ: ку вăл—капиталистсемсĕр тата рабочисемсĕр капитализм, мĕншĕн тесен, унта капиталистсем те, рабочисем те пĕр пекех, анчах тĕрлĕ çĕрте кăна ĕçлессĕ, тессĕ.

Пĕрлешÿллĕ Штатсенче «çĕнĕ капитализм» çинчен калакан мифа государствăн официальнăй доктрини шайĕн çÿлĕшне çĕкленĕ. «Халăх капитализмне» пропагандăлас ĕçе США-ра правительство ятарласа усăнă Информацилле агентствăна хушнă. Çак агентствăна ертсе пыраканнисенчен пĕри—Уошбăрн нумаях пулмасть паллă сăмах каланă. «Пирĕн,— тенĕ вăл,— Америкăри кучухнехи капитализмпа Европăра 100 çул ĕлĕкрех, Маркс çырнă чухне, пулнă капитализм хушшинчи уйрăмлăха кăтартакан термин—халăх капитализмĕ текен термин пурри питех те паха япала». Çав Информацилле агентство ятарласа «халăх капитализмĕ» ятлă выставка организациленĕ, вăл выставкăна пĕтĕм тĕнчери ярмаркăсенче кăтартма палăртнă. Анчах та «халăх капитализмĕ» тени вăл ăшаланă пăр тени пекех нимĕне пĕлтермен сăмах купи пулать! (Кулассĕ).

Капитализм тĕнчин крепосĕнче—Америкăри Пĕрлешÿллĕ Штатсенче государствăн паллă деятелĕсем тата вĕсен шухăш-кăмăл тĕлĕшĕнчи хĕсмăшалне çĕклесе пыракансен капитализмăн ватăлса кайнă, çитменни çине çĕрсе пыракан ÿтне ирĕксĕрех «халăхăн» тумĕпе витме тивет пулсан, социализм идейисен халăх шухăш-кăмăлне çавăракан вăйĕ ытла та хăватлă çав!

Империализм политикĕсем Сурçĕр Атлантика блокĕ, СЕАТО, Багдадри пакт тата ытти çавăн йышши çар блокĕсем туса хунине те «Атлантика çинчи пĕрлĕхĕн», «Европăри пĕрлĕхĕн» фига сулçисемпе витме хăтланассĕ. Çав витĕкçпе витĕнсе вĕсем Хĕвеланăçĕнчи тата Хĕвелтухăçĕнчи çĕршывсен нацилле суверенитечĕн принципне хирĕç пур енчен те тата пĕрмаях тапăнса туса пырассĕ.

Агрессилле империалисем колониалле çĕршывсем тĕлĕшпе те çавнашкал витĕкçпех усă курассĕ. Тахçан ĕлĕк империалистсем, колониализмăн чăн-чăн уйăлевĕсем çинчен кусăмĕрсĕн сăмсĕрленсе, калама çук намăссăрланса усăнах калаçнă. Акă, Англин паллă государство деятелĕ Джонсон Хикс хăй вăхăтĕнче çапла каланă: «Индие эпир индиецсене ырлăх тума мар пăхăнтарнă. Эпĕ пĕлетĕп, миссионерсен пухăвĕсенче Индие эпир индиецсен пурнăçне лайăхлатма çĕнсе илнĕ, тесе калассĕ. Ку вăл—икĕпитленсе хăтланни пулать. Индие эпир Англи таварĕсем валли рынок пултăр тесе пăхăнтарнă. Ăна эпир хĕçпăшалпа пăхăнтарнă, хĕçпăшалпах упрама тивĕçлĕ те».

Халĕ урăхла вăхăтсем çитрĕç. Нацилле ирĕклĕх юхăмĕсем хăватлăн вăйланса пынине кура, кучухнехи колонизаторсен ирĕкĕсĕрех хăйсене колонисенчи халăхсен «тусĕсем» тата вĕсене «хÿтĕлекенсем» пулнă пек кăтартса, хăйсен экспансионистла политикине, агрессилле блоксем тăвас политикине пытарса тăма хăтланассĕ. Пусмăр айĕнчи халăхсене улталаса пурăнма вĕсемшĕн йывăрланнăçемĕн йывăрланса пырать. Нумаях пулмасть-ха, Эйзенхауэрпа Иден деклараци тунă май, Египетри «Аль-Гумхурия» хаçат çапла çырнăччĕ: «Вăтаçĕр Хĕвелтухăçĕнчи çĕршывсен ĕçĕсене Лондонра, Парижра тата Вашингтонра сÿтсе явнă вăхăтсем, Хĕвеланăçри политиксен шухăшĕпе Вăтаçĕр Хĕвелтухăçĕнчи политикăна улăштарас вăхăтсем иртсе кайрĕç ĕнтĕ... Вăтаçĕр Хĕвелтухăçĕнчи халăхсем хăйсен никама пăхăнманлăхне çĕнсе илчĕç, хăйсен ыйтăвĕсене вĕсем хăйсемех, урăх çĕршывсем хутшăнмасăрах татса пама пултарассĕ. Вĕсене опекунсем те, ĕç паракансем те кирлĕ мар».

Агрессилле вăйсен идеологилле стратегийĕн иккĕмĕш тĕллевĕ—наукăлла социализма хурласа тăкасси тата пăсса кăтартасси, социализм лагерĕнчи çĕршывсен аслă ĕçĕсене, ирĕклĕхшĕн кĕрешекен юхăмсен тупсăмне пăсса урăхлатса кăтартасси пулса тăрать.

Вĕсен йăлăхтарса çитернĕ мелĕсенчен пĕри вăл—социализм лагерĕнчи çĕршывсен мире юратакан тулашри политикине пăсса кăтартма, çав çĕршывсем мире хăрушлăх кÿрекен сăлкуçсем пулса тăнă пек кăтартма, агрессилле империализм çĕршывĕсене вара—миршĕн тăракан çĕршывсем пек кăтартма хăтланни пулать. Çавăнпа пĕрлех вĕсем нимĕнпе никĕслесе паман пĕр тезиспа усă курассĕ, çав тезис тăрăх, марксизмăн: капитализма социализм улăштарасси пурпĕрех пулмалла, тесе калакан положенине икĕ система—капитализм системипе социализм системисем—мирлĕ пурăнма пултарассĕ, тесе калакан положенипе иепле те килĕштерме май çук имĕш.

Çук, ку икĕ положени пĕр-пĕрине пĕтĕмпех килĕшсе тăрассĕ. Ленин империализм саманинче капитализм çĕршывĕсем экономика тата политика тĕлĕшĕнчен пĕр тан мар аталанса пынин законне усса никĕслесе панă. Уйрăм çĕршывсенче социализма кусмалли кирлĕ условисем тĕрлĕ вăхăтра пулса çитни, уйрăм çĕршывсем капитализм системинчен тĕрлĕ вăхăтра тухса ÿкни çакна пĕлтерет: пирĕн планета çинче капитализмлă государствăсем те, социализмлă государствăсем те пурпĕрех пĕр вăхăтра пурăнма тивет. Кама та пулин килĕшет-и ку е килĕшмест-и, анчах ку вăл—историлле закономерность.

Эпир пĕлетпĕр, буржуалла çĕршывсенче капитализм социализмран лайăхрах, тесе шутлакан çынсем сахал мар. Эпир, совет çыннисем, çĕр чăмăрĕн мĕнпур кĕтессисенче пурăнакан миллионшар-миллионшар ĕççыннисем пекех, пачах урăххине ĕненетпĕр. Эпир çакна çирĕп ĕненсе тăратпăр: икĕ системăн историлле ăмăртăвĕнче социализм, обществăн чи çÿлте тăракан тата прогрессивлăрах стройĕ, татăклăнах çĕнтерет.

Калаçасăрах паллă ĕнтĕ, капитализма эпир идеологи, программа ыйтăвĕсенче компромисс тума сĕнместпĕр. Капитализмпа социализм мировоззренийĕсене пĕр-пĕрине килĕштерме çук. Тата икĕ системăн мирлĕ пурнăçĕ валли çавă кирлĕ те мар. Пирĕн ученăйсен, сăмах ăстисен, идеологи енĕпе ĕçлекен мĕнпур работникисен задачи çакăнта пулать: вĕсен советлă социализмлă идеологи мĕн тери чаплă пулнине кăтартса тата уçса памалла, хамăрăн çынсене пролетарилле интернационализм шухăшĕ майлă, халăхсен туслăхĕ майлă, чуралăхăн, пусмăрлăхăн, колониализмăн, нацилле тата расăлла дискриминаци мĕнпур формисене хирĕç çирĕппĕн кĕрешес шухăш майлă вĕрентсе воспитани памалла. Çак ĕçе эпир кирлĕ пек çирĕппĕн те пĕр пăркаланмасăр туса пырăпăр. Çавăнпа пĕрлех эпир «сивĕ вăрçă» меслетне—реакци идеологĕсен арсеналĕнче пĕрмаях усă курма пуçланă меслете—татăклăнах сивлесе сиретпĕр. Мĕнле строй лайăхрах—капитализм е социализм—çакăн пирки пыракан тавлашăва вăйпа татса пама май çук, «сивĕ вăрçă» меслечĕпе татса пама май çук.

Совет государстви, социализм лагерĕнчи мĕнпур çĕршывсем ку е тепĕр обществăлла системăсенчен хăшĕ лайăхрах пулнине вăрçăра ăмăртса мар, мирлĕ экономика строительствинчи ăрешĕ çинче тĕрĕслесе пăхма сĕнеççĕ. Кам та пулсан çак принципа йышăнмасть,—çавă «мир» сăмаха е «вăрçă патнех çитсе тăнă мир» текен хальхи çĕнĕрен те çĕнĕ формулăна тейĕн тăрăх çавăрттарса каласан та, тĕрĕссипе вăл вăрçăшăн тăрать.

Марксистла-ленинла теори илларах [illegible] кăтартнă положенийĕсен «революцие экспортлани» çинчен калакан, тахçанах тĕрĕ шыв çине кăларнă кирпĕсĕр мăтăпа та пĕтĕмпĕшех сирсе пăрахассĕ. Шăпах та ĕнтĕ марксизм, буржуалла идеологи мĕнпур концепцийĕсенчен уйрăлса тăрса, революцисем заказ панă тăрăх мар, уйрăм çынсем тăвас тенипе мар, историлле процесс закономерно аталанса пынине пула [illegible] иртнине кăтартса панă.

«Паллах ĕнтĕ, — кăтартса панă Ленин,— ют çĕршывра революцие заказ панă тăрăх, килĕшÿ тунă тăрăх суралма пултарать, тесе мухтанма [illegible] [illegible] Çав çынсем е йĕрăн ухмахсем, е провокаторсем... Эпир пĕлетпĕр, революцисене заказ тăрăх та, килĕшÿ тăрăх та тума çук, вĕсем нумайшар миллион çынсем: тевех нун пек пурăнма май çук, тесе вывод тунă хыççăн ÿссе çитĕнессĕ» (Соч., 27 т., 441 стр.).

Наукăлла коммунизм теорийĕ çапла вĕрентет: капитализмла производство меслетĕнчен социализмла производство меслетне кусасси вăл—революцилле процесс, çав процесс рабочи класс ертсе пынипе пулса иртет. Çакă марксистсене реформистсенчен тата оппортунистсенчен уйăрса тăрать, реформистсемпе оппортунистсем, производствăн пĕр меслетĕнчен тепĕр меслетне майĕпен эволюцилле майпа кусассине хÿтĕленсе пулса, тĕрĕссипе капитализм стройне хÿтĕлекенсем пулса тăрассĕ. Анчах та обществăна революцилле çĕнетсе урăхлатас ĕçĕн хăйĕн тĕрлĕрен формисем пур.

Юлташсем! Пирĕн Тăван çĕршыв капитализмран хăтăлнă тата социализм çулĕ çине тăнă тĕнчери пĕрремĕш çĕршыв пулнă. Ĕмĕрсем иртĕç, пин çулсем иртĕç, çапах та тав тăвакан этемлĕх Россия рабочи класне, коммунистсен паттăр партине, вилĕмсĕр Ленина яланах хисеплесе, мухтаса асăнса пурăнĕ, вĕсем этемлĕхĕн ирĕклĕхĕшĕн тăмалли кĕрешĕвĕн таса ялавне çĕкленĕ, вара, Октябрьти Социализмла Аслă революци çĕнтерĕвне туса, пĕтĕм тĕнче историйĕнче çĕнĕ эра—коммунизм эри пуçласа янă. (Тăвăллăн, нумайччен алă çупассĕ).

Çак аслă тапхăр пуçланнăранпа хĕрĕх çула яхăн иртсе кайрĕ. Пĕтĕм тĕнчери лару-тăру тĕпренех улшăнчĕ. Демократипе социализмăн тĕреклĕ лагерĕ пулса тăчĕ, кунта коммунизм идейисем çĕршер миллион çыннăн мировоззренийĕ пулса тăрассĕ. Колониалле çĕршывсенчи тата пăхăнса тăракан çĕршывсенчи халăхсен империализм пусмăрне хирĕç пыракан çĕнтерÿллĕ кĕрешĕвĕ сарăлса вăйланать. Капитализм хаклĕхе пуçпулса тăракан çĕршывсенче миллионшар çынсем пĕтĕм чĕререн социализм патнелле туртăнассĕ. Ара, Англире лейбористсен партийĕ хыççăн, тред-юнионсем хыççăн пыракан рабочисем социализмшăн тăракан çынсем мар-и-ха? Эпир Францири тата Италири мухтавлă рабочи класс çинчен каламăпăр та ĕнтĕ, унти рабочи класс хăй социализмла идеалсене парăнса тăнине питех те нумай хутчен кăтартса пачĕ. (Алă çупассĕ).

Çавнашкал условисенче марксизм тĕп шухăшне ăнланайман формалистсемпе догматиксем кăна çакăн пек тарăнран та тарăн улшăнусем тăвассине, пĕр обществăлла стройран тепĕр обществăлла строя кусассине пĕр тĕслĕх тăрăх, пĕр шаблон тăрăх, ну, калăпăр, Данире Бразилири пек, Швецире вара Малайăри пек туса ирттерме пулать, тесе шухăшлама пултарассĕ. Ку вăл — марксизмăн тупсăмне, унăн творчествăлла шухăшне пăсни пулать. Ленин малтанах витĕр курса çапла каланă: «революци аталанăвĕ тĕрлĕ çĕршывсенче тĕрлĕ формăсемпе, тĕрлĕ хăвăртлăхсемпе пулса пырать (урăхла пулса пыма пултараймасть те)» (Соч., 28 том, 56 стр.). Ленин тĕрĕс калани историпе пĕтĕмĕшпех çирĕплетсе парать. Пурте кашни çĕршыври конкретлă условисенчен килет.

Европăри халăх демократи çĕршывĕсенче кашнинчех, тарăнран та тарăн социальнăй улшăнусем пулса пынă вăхăтра, халăх массисен, коммунистсен партийĕсен тата рабочи партисен творчестви нумай çĕнĕлĕхсемпе паллă уйрăмлăхсем çуратса кăларчĕ. Китайри социализмла революци аталанăвĕ вара хăйне евĕрлĕ тата та нумайрах уйрăмлăхсемпе палăрса тăрать. Халăх власĕ революцилле майпа çирĕпленсе çитнĕ хыççăн, Китайри Коммунистсен партийĕ, марксизм-ленинизма творчествăлла пурнăçласа, çакăн пек вывод патне килсе тухрĕ: Китайри условисенче «мирлĕ меслетсемпе, урăхла каласан, ĕнентерсе, воспитани парас меслетсемпе,— тесе кăтартса парать Мао Цзе-дун юлташ,— уйрăм харпăрлăха социализмлă, коллективлă харпăрлăхпа улăштарма пулать кăна мар, çавăн пекех тата капиталистлă харпăрлăха та социализмлă харпăрлăхпа улăштарма пулать». Халăхăн чи хаяр тăшманĕ пулса тăракан компрадорла буржуазие изоляцилесе тата сиенсĕрлетсе, Китай государстви тĕрлĕ формăллă уйрăм харпăрлăха çĕнетсе урăхлатса социализмлă харпăрлăха кусарас ĕçе утăм хыççăн утăм туса малалла пурнăçласа пырать.

Марксизма ăнланайман кĕнекеçĕсем шухăшланă пек пăхсан, эксплуататорсен харпăрлăхне тĕпрен урăхлатса социализмлă харпăрлăх туса хурас ыйтăва çакăн пек пурнăçлани марксизм-ленинизм принципĕсене [illegible] вырăнне те хуманни пулать, тесе каламалла пек. Анчах, тĕрĕссипе илсен, ку вăл—творчествăлла марксизм-ленинизм пурнăçа кĕрсе пыни, марксистла диалектикăна Китайри конкретлă условисенче [illegible] пурнăçа кĕртсе пыни пулать, çакна Китайри Коммунистсен паттăр партийĕ хăюллăн тата ăслăн пурнăçласа пырать. (Тăвăллăн алă çупассĕ).

Иккĕленсе тăмалли çук, миллионшар-миллионшар çынсен çитес вăхăтсенче пурнăç творчестви пире капитализмран социализма кусмалли тата та нумайрах тĕрлĕ формăсем кÿрсе парĕ.

Çапла май, Н. С. Хрущев юлташ докладĕнче каланă положенисем—«Кучухнехи пĕтĕм тĕнче аталанăвĕн принципла хăшпĕр ыйтăвĕсем», çав шутрах тĕрлĕ çĕршывсем социализма кусмалли формăсем çинчен калакан положенисем, теори тĕлĕшĕнчен те, практика тĕлĕшĕнчен те калама çук пысăк пĕлтерĕшлĕ положенисем пулса тăрассĕ.

Калаçасăрах паллă ĕнтĕ, буржуази диктатурин реакцилле-бюрократла вăйлă аппарачĕ чăмăртанса çитнĕ çĕрте, военщина аталанса çитнĕ çĕрте тата унта рабочисен обществăна çĕнĕ, социализм никĕсĕ çинче çĕнетсе урăхлатассишĕн кĕрешнĕ чухне çав кĕрешÿре эксплуататорла классем хаяррăн хирĕç тăрассĕ пулсан, çавăн пек çĕршывсенчи конкретлă условисенче эксплуататорла классем хирĕç тăнине пролетариат диктатурин ирĕксĕрлесех пусарса лартма тивет. Çавнашкал условисенче класс кĕрешĕвĕнчи сивĕч формисем пулма пултарассех. Çав формăсене рабочи класа эксплуататорла классем ирĕксĕрех йышăнтарассĕ.

Анчах Ленин пĕрре кăна мар çапла каланă: «пролетариат диктатури вăл эксплуататорсене ирĕксĕрлени кăна мар тата ирĕксĕрлесси те унăн тĕп вырăнта тămасть-ха». (Соч., 29 том, 386 стр.). Граждан вăрçи, класс кĕрешĕвĕн чи сивĕч формисем кирек мĕнле çĕршывра та, кирек мĕнле ситуацире те пурпĕрех пулмалли формăсем мар. Маркспа Энгельс çапла кăтартса панă: рабочи класс пурне те тивĕçлĕ суйлав правинчен, «халиччен ултав меслечĕ пулнăскертен, ирĕке тухмалли хĕçпăшал туса хума пултарать» (К. Маркс тата Ф. Энгельс. Пухнă сочиненисем, 1 т., 101 стр.). Кунпа пĕрлех Энгельс çапла кăтартса панă: рабочи класс, ĕçхресченĕсен массисене тата халăхăн эксплуатаци тÿсекен ытти сийĕсене хăй майлă çавăрса, «ĕçе татса паракан вăй пулса тăмалăх» ÿсме пултарать, «çав вăй умĕнче вара ытти пĕтĕм вăйсен ирĕксĕрех пуç тайма тивет» (Çавăнтах, 107 стр.).

Кучухнехи тĕнчери çĕнĕ лару-тăрура чылай çĕршывсемшĕн çакăн пек ситуаци пулма пултарасси çинчен те шухăшлама май пурах, унашкал ситуацире рабочи класс, хăйĕн коммунистла авангарчĕ ертсе пынипе, хăй тавра ĕçсыннисене, пĕтĕм прогрессивлă вăйсене пĕтĕçтерсе, революцилле кĕрешÿ процесĕнче парламента чăн-чăн демократи органĕ, халăхăн чи пысăк ытларахăшĕн интересĕсемшĕн ĕçлекен орган, туса хума пултарать. Ленинизм конкретлă ситуацине конкретлă шута илме хушать.

Пирĕн саманан характерлă уйрăмлăхĕсенчен пĕри вăл—уйрăм çĕршывсенчи социализмла революци «тĕрлĕрен пусмăр тÿсекен тата кăмăлсăр юлнă мĕнпур çынсен» массăлла кĕрешĕвĕне çыхăнса тăни пулать. Аслă Ленин, «педантла кулăшла» шухăш тесе, акă мĕнле шухăша сивлесе сирнĕ: çав шухăш тăрăх, капитализма социализмпа улăштарасси çакăн пек йĕркепе пулса иртмелле-мĕн: «пĕр вырăнта пĕр çар пухăнса йĕркеленсе тăрать те: «Эпир социализмшăн» тесе пĕлтерет, тепĕр вырăнта вара тепĕр çар пухăнса йĕркеленсе тăрать те: «Эпир империализмшăн», тесе пĕлтерет, çакă хайхи социальнăй революци пулать те!» (Соч., 22 том, 340 стр.). Тĕрĕссине илсен, капитализмăн пĕтĕмĕшле кризисĕн условийĕсенче капитализмăн кивелсе халтăркаса çитнĕ сурт-не пур кĕтессисенчен те шыв юххилле çисе хавшатакан тата ишĕлтерекен социализмла тата социализмла мар нумай пĕчĕк юхăмсемпе пысăкрах юхăмсем, халăхсен ирĕклĕхĕшĕн пыракан кĕрешĕвĕн хăватлă пĕр юхăмне юхса кĕрсе, пĕрлешсе пырассĕ.

Çав пĕчĕк юхăмсемпе пысăкрах юхăмсен хăйсен туртăм вăйĕсем тĕлĕшне, хăйсен идеологийĕ тĕлĕшпе, çавăн пекех тата хăйсен тÿрремĕн тăракан тĕллевĕсемпе пĕр-пĕринчен уйрăлса тăрассĕ-ши? Паллах, уйрăлса тăрассĕ. Социализм идейисен çынсен кăмăлне çавăракан вăйĕ çав тери ÿссе хăватланчĕ, çавна пула, пролетарилле революционер-марксистсемпе пĕрлех, тĕрлĕ политикăлла деятельсем, ушкăнсем, партисем те: эпир социализмшăн тăратпăр, тесе пĕлтерессĕ. Вĕсем социализмла революцилле марксизм принципĕсем хушнă пек мар ăнланассĕ, анчах империализма хирĕç, рабочи класăн тата пĕтĕм ĕçсыннисен пурнăçри интересĕсемшĕн кĕрешме хатĕр. Акă мĕншĕн ĕнтĕ, капитализм пусмăрне хирĕç, ирĕклĕхшĕн тата демократишĕн кĕрешес ĕçре пурне те пĕрлештерекен пĕр интерес пур пулсан, вĕсене пĕр-пĕринчен уйăракан уйрăмлăхсемпе тĕрлĕ шухăшланисем каярах, иккĕмĕш вырăна чакса тăма пултарассĕ тата чакса тăрассĕ те.

Коммунистсем кĕрешÿре сектантла ансăрлăха тата хĕсĕклĕхе тĕпренех хирĕç тăрассĕ. Вĕсем кучухнехи пур тĕрлĕ, пур тĕслĕ массăллă юхăмсене те империализма хирĕç пыракан хăватлă юхăма пĕрлештерессишĕн тăрассĕ. Социальнăй пусмăрлăха хирĕç, колониализма хирĕç пыракан кĕрешÿре, миршĕн тата демократишĕн пыракан кĕрешÿре пусмăрти мĕнпур халăхсен—араб çĕршывĕсенчи халăхсем-и вĕсем, Азири е Латинла Америкăри халăхсем-и, пĕтĕм ĕçсыннисен—католиксем-и вĕсем, е протестантсем-и, буддизма ĕненеççĕ-и, е ислама ĕненеççĕ, пурĕ-пĕрех—пĕтĕм халăхсен, пĕтĕм ĕçсыннисен аслă та çутă ĕмĕт-шанчăкĕсем пурнăçа кĕрсе пырĕç.

Пĕрлехлĕ пулма чĕнекен аслă лозунгăн пĕлтерĕшĕ халиччен нихçан та çакăн чухлĕ витĕмлĕ те нумай енлĕ пулман. Эпир рабочисен пĕрлĕхĕшĕн тăратпăр, çавăнпа та туслă алăмăра, пролетарилле кĕрешÿ тума чĕнекен алăмăра пĕтĕм рабочи организацисемпе партисене тăсса паратпăр, кам рабочи класа хăйĕн историлле миссине чыслăн пурнăçа кĕртес ĕçре пулăшма хатĕр, çавсене пурне алă тăсатпăр. (Алă çупассĕ).

* * *

Юлташсем! Центральнăй Комитетăн отчетлă докладĕнче тата улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе паракан Директивăсен проектĕнче пирĕн хуçалăхпа культура енĕпе пурнăçламалли çав тери пысăк, çĕнĕ задачăсем кăларса тăратнă. 1960 çулта, вăрçă умĕнхи 1940 çултипе танлаштарсан, чугун шăратасси

(Вĕçĕ 4-мĕш страницăра).

## СОВЕТ СОЮЗĔНЧИ КОММУНИСТСЕН ПАРТИЙĔН XX СЪЕЗЧĔ

# Д. Т. Шепилов юлташ сăмахĕ

(Вĕçĕ).

пирĕн 3,6 хут ÿсет, хурçă туса кăларасси—3,7 хут, нефть кăларасси—4,3 хут ÿсет. Çĕршыв тăрăх гигантлă çĕнĕ предприятисем ларса тухаççĕ. Çĕнĕ пилĕк çуллăхăн калама çук пысăк сооруженийĕ—3 миллион та 200 пин киловатт электроэнерги пама пултаракан хăватлă Братск гидроэлектростанцийĕ çинчен калани те çителĕклĕ. Çав гидроэлектростанци хăйĕн хăвачĕпе совет энергетикин çав тери пысăк станцийĕнчен—Днепрогэсран пилĕк хут пысăкрах пулать. Ялхуçалăхĕ 1960 çулта 11 миллиард пăтран кая мар тырă памалла. Çак цифрăсенче социализмлă экономикăн çав тери пысăк улăпла вăй-хăвачĕ курăнса тăрать!

Пирĕн халăхăн материальнăй тата культура пурнăçĕн шайне çĕклес енĕпе те малалла питех те пысăк утăм тумалла. Çичĕ сехетлĕ ĕç кунĕ çине куçассине пурнăçламалла пулать, пăци тупăшне 60 процента яхăн ÿстермелле, рабочисемпе служащисен реальнăй ĕç укçине, çавăн пекех колхозниксен тупăшĕсене, чылаях ÿстермелле. Нумаях та пулмасть-ха, сăхманлă Русь тенĕ çĕршыв çĕнĕ пилĕкçуллăхра хуларта та, ялта та пурне те вăтам шкулта вĕрентсе кăларас ĕçе пурнăçлать.

Паллах ĕнтĕ, юлташсем, татса паман пысăк та кăткăс задачăсем те нумай-ха пирĕн. Халĕ пирĕн ĕç тухăçлăхĕ пысăк шайра тăмасть-ха, нумай машинăсене, приборсене тата таварсене халĕ те урăх çĕршывсенче туса кăларнинчен начартарах, хаклăрах туса кăларатпăр, пÿрнемалли суртсем тĕлĕшпе йывăрлăхсем пурха, пирĕн хамăрăн йывăрлăхсем, хамăрăн хирĕçÿсем пур. Анчах та пирĕн парти ĕçе хăш çулпа илсе пымаллине пĕлет, çавăнпа та вăл, йывăрлăхсемпе хирĕçÿсене çĕнтерсе, çак задачăсене ăнăçлăн пурнăçласа пырать.

Хамăрăн çĕршывра материальнăй пурлăх тата ĕç-тăн ырлăх-пурлăхĕсене хăвăртрах нумайран та нумай тума партин пĕтĕм ĕçне, государствăн пĕтĕм ĕçне татăклăн лайăхлатмалла, хуçалăха ертсе пымалли формăсемпе меслетсене лайăхлатса пымалла, парти идеологине пĕтĕм ĕçне лайăхлатмалла. Социализмран майĕпен коммунизма куçса пынă условисенче марксистла-ленинла теори ролĕне пĕлтерĕшĕ ытларах та ытларах ÿсее пырать, мĕншĕн тесен коммунизм стихийăллăн пулса тăмасть, вăл миллионшар совет çыннисен ĕçĕпе пулса пырать, объективлă экономикăлла законсен требованийĕсемпе пĕтĕмĕшпех килĕшÿллĕн, Коммунистсен партийĕ çав законсене тарăннăн пĕлсе çитнин тата тĕрĕс усă курнин никĕсĕ çинче тĕнчесе туса хунă плансемпе малалла палăртнă çулсем тăрăх пулса пырать. Çакă вăл акă мĕне пĕлтерет: экономикăлла аталанăвăн закономерноçĕсене пĕлсе çитесси, марксистла теори положенийĕсене пурнăçласа пырасси, массăсен практикăлла ĕçĕн результачĕсене пĕтĕçтересси, малта пыракан опыта сарасси—çаксем пурте идеологилле пĕтĕм ĕçĕн пысăкран та пысăк задачисем пулса тăраççĕ.

Марксистла теори çапла вĕрентет: материальнăй бытие, материальнăй ырлăхсем туса паракан производство меслечĕ—çакă вăл ĕçе татса паракан вăй пулса тăрать, çав вăй обществăн сăн ÿкерĕмлăхĕсене, унăн аталанăвĕн шайне, унăн ĕç-тăн пурнăçне палăртса пырать. Ку вăл, çак задача питех те пысăк пулни те, марксистла-ленинла теорие ăнланмасăр пăхнипех чарăнса тăма юраманнине пĕлтерет. Эпир, коммунистсем, марксистла-ленинла наследствăна пассивлăн упраса усракан çынсем мар, идеологилле архивариуссем мар. Хуçалăхпа культура строительствинчи задачăсемпе çыхăнса тăман идеологилле ĕç вăл пайлă чăнлăхсемпе положенисене талмудистла-начетчикла вĕçĕмсĕр калаçса ларни е пушă сăмах ылăрятса ларни тата схоластикăна пулса тăрать. Идеологи енĕпе ĕçлекен тивĕçлĕ работник пулас тени вăл—хуçалăхпа культура строительствинче çĕнĕ ÿсĕмсем тума тăрăшас, совет çыннисен социализмла ăнланулăхне ÿстерме тăрăшас тенине пĕлтерет, çак никĕс çинче çĕр кăмрăкĕ, хурçă, нефть, электричество, машинăсем туса кăларассине ÿстермелле, тырпул, çу, аш-какай, пахча çимĕç, çăрулми ытларах туса илмелле, çапла вара пирĕн халăх материальнăй ырлăхсем тĕлĕшĕнчен те, культура тĕлĕшĕнчен те тулăх пурнăçпа пурăнма пултартăр.

Çавна май вăл малта пыракан опыта пропагандăлас тата сарас ĕçе чăннипех çĕнĕлле, государство ыйтнă пек туса пыма кирлине уйрăмах палăртса хăварасшăн. Производствăри новаторсен опытне пропагандăласа унпа производствăра анлăн усă курни вăл—таварсем нумайран та нумай пуласси патне илсе пыракан тÿрĕ çул. Çак ĕç мĕн таран кирлине хăшпĕр тĕслĕхсемпе çирĕплетсе парăпăр.

«Кузбассуголь» комбинатĕнче комбайн бригадисен уйăх хушшинчи вăтам ĕç тухăçлăхĕ 1955 çулăн IV-мĕш кварталĕнче 7.944 тонна пулнă, çав вăхăтрах «Ленинуголь» трестĕн «Полысаевская—1» шахтăри бригада октябрь уйăхĕнче 23 пин тонна çĕр кăмрăкĕ, ноябрь уйăхĕнче—20 пин тонна ытла, декабрь уйăхĕнче—25 пин тонна çĕр кăмрăкĕ кăларнă. Комбинатăн пĕтĕм шахтисем çав бригада пек ĕçлесен, Кузбасра ансăр хут ытларах çĕр кăмрăкĕ кăларнă пулĕччĕç.

Пахуçалăхне илер. Пăрчĕллĕ тырăсен тухăçлăхĕ пирĕн нумай облаçсенче хăшпĕр çулсенче гектартан 8—10 центнер, е унтан те пахарах пулать. Çав вăхăтрах Кировоград облаçĕ пĕтĕр акнă пĕтĕм çĕр лаптăкĕнчен кашни гектартан 21-шер центнер тĕштырă пухса илнĕ, çак облаçри 388 бригада гектартан 25—30-шар центнер тырă пухса илнĕ. Днепропетровск облаçĕ пĕтĕм çĕр лаптăкĕн кашни гектарĕнчен вăтам шутпа 20,7-шер центнер тĕштырă пухса илнĕ. Иртнĕ çулта Одесса облаçĕнчи Березовски районти Посмитный юлташ председатель пулса ĕçлекен колхоз тата ытларах тырă туса илнĕ. Çав колхозра 1.800 гектар çинчен кашни гектартан 35-шер центнер, е 210-шар пăт тĕштырă туса илнĕ.

Рекордсем пирки каламасан та, хамăр умна пирĕн çĕршыври кирек хăш районта та пурнăçа кĕртме пултармалла реальнăй задача—Посмитный юлташ ертсе пыракан артельри пек, кашни гектартан 210-шар пăт мар, 100-шер пăт пĕрчĕллĕ тырă туса илес задача лартсан, анчах çав задачăна пур çĕрте те пурнăçласан,—хальхи вăхăтра акакан лаптăксенчен эпир çулсеренех 12 миллиард пăт ытла тырă туса илнĕ пулăттăмăр!

Юлташсем! Пирĕн усă курман мĕн тери пысăк резервсем пуррине пиншер фактсем кăтартса параççĕ. Пирĕн промышленность ĕç тухăçлăхне ÿстерес тĕлĕшпе пилĕк çуллăх плана тултарса çитерейменнине пула, пилĕк çуллăхăн юлашки çулĕнче кăна пирĕн хуçалăх 40 миллиард тенкĕлĕх продукци илеймерĕ. Хĕрĕх миллиард! К тата тепĕр тĕслĕх. Пирĕн машиностроительсем тата ялхуçалăхне ертсе пыракан работниксем техника прогресĕ ыйтăвĕсем çине чунсăр пăхнине пула, халиччен хăй тĕллĕн çÿрекен механизмсем çумне кăкармалли ĕç хатĕрĕсем тĕп вырăнта тăраççĕ. Кăкармалли ĕç хатĕрĕсем вырăнне çакăнса пыракан ĕç хатĕрĕсемпе усă курма тытăнни кăна,—аталаннă чылай капитализм çĕртывĕсенче тахçанах çавăн пек тунă,—пире прицепщиксен пысăк пайне урăх ĕçе куçарма май панă пулĕччĕ. Хальхи вăхăтра прицепщиксем пĕр миллион çын ытла.

Усă курман пирĕн резервсем çавăн пек ĕнтĕ, пирĕн наука учрежденийĕсем, пирĕн экономистсем, аграриксем, пропагандистсем, писательсем тата ытти практикăлла нумай работниксем çав резервсене асăрхамасăрах иртсе каяççĕ.

Халăх хуçалăхĕн мĕнпур отраслĕсенче малта пыракан работниксем пиншерĕн ÿсрĕç, ĕç геройĕсемпе геройнисем ÿсрĕç, вĕсен çитĕнÿĕсемпе пĕтĕм халăх тивĕçлипех мухтанать. Анчах та, геройсем çинчен калана май, эпир хăшпĕр чухне çакна манатпăр: пирĕн çĕршывăн экономикăлла çĕкленĕвне малта пыракансен рекорчĕсем мар, халăх хуçалăхĕнче ĕçлекен работниксен пĕтĕм масси ĕç тухăçлăхне ÿстерни татса парать. Малта пыракансен çитĕнÿĕсемпе пĕрле час-часах ĕç тухăçлăхĕ питĕ ситсĕлĕксĕр пулнине кăтартакан, хăш чухне тата çынсен вăй-халне те, материальнăй пурлăхсене те тĕррĕнĕпех усăсăр пĕтерни кăтартакан фактсем те тĕл пулаççĕ. Çакна май, эпĕ Владимир Ильич Ленинăн 1922 çулхи апрелĕн 12-мĕш числинче палăрăнă тунă çак писта пичетленмен çырăвне вуласа парасшăн. Вăл çапла çырать:

«Пирĕн чи ирăхсăр ăлле—вырăнти опыта ытла та çителĕксĕр тĕпчесе вĕренни хушăрах прессăра пĕтĕмĕшле сăмахсем çырса тултарни тата политикăлла ытлашши сÿпĕлтетни. Вырăссенче те, çĕлте те хăватлă тенденцисем вырăнти çав опыт çинчен тĕрĕссине калаcа паниче тата ăна тĕрĕссине хаклавине хирĕç кĕрешессĕ.

Вырăнти опыта, детальсене, пек-тĕвексене, практикăна, ĕç опытне, чăн-чăн пурнăçа, уездри пурнăçа те, вулăсри пурнăçа те, ялта пурнăçа та тĕпчесе вĕренес ĕçре ытларах та ытларах конкретлăх кирлĕ; çав тери чуххлăха тата пурнăç пăлăпса çитнине пăхмасăрах, ĕçта, кам тата мĕншĕн (мĕнле майсемпе), пысăкрах мар пулна те, çапах та чăн-чăн çитĕнÿ тума пултарнине тĕпчесе пĕлмелле; пăлăпсене тата ĕçлеме пĕлменнине палăртма хăрамалла мар; мĕн чухлĕ те пулин палăрса тăракан вырăнти кирек хăш работника та пĕтĕм пăлăвах хисепе кăлармалла тата рекламăламалла. Ăна ырă тĕслĕх вырăнне хурса палăртмалла. Çавăн пек ĕç мĕн чухлĕ ытларах пулĕ, ĕçри практикăна мĕн чухлĕ тарăнрах тĕпчесе пĕлме пуçăнăпăр..., пирĕн пресса, пирĕн пĕтĕм строительство лайăхланасси те çавăн чухлĕ ăнăçлăрах пулса пырĕ... Ком. саламппа Ленин». (Алă çупаççĕ).

Калас пулать, пирĕн кадрсен хăшпĕр пайĕн коммунистла чванство шухăш-кăмăлĕ, çĕлĕк ывăтас кăмăл пур, массăсен аслă творчестви çине тата урăх çĕршывсенчи наукăпа техникăн çитĕнÿĕсем çине мăнкăмăллăн пăхас йăла пур. Çакăн йышши шухăш-кăмăл пирĕн кадрсене, ĕçри опыта ялла илме чăрмантарать, техникăна аталантаракан, малта пыракан çынсем тата предприятисен çитĕнÿĕсемпе, çавăн пекех тĕнчери наукăпа техникăн çитĕнÿĕсемпе коммунизм тăвас ĕçре усă курма чăрмантарать.

Ун йышши шухăш-кăмăлсене татăклăн тата хăвăртрах пĕтермелле. Çакăнпа пĕрлех пирĕн парти идеологи енĕпе ĕçлекен мĕнпур работникĕсен унне идейăсăрлăхпа политикăсăрлăха хирĕç, буржуалла идеологи кирек мĕнле палăрăмĕсене те хирĕç тата та хĕрÿллĕнрех, хаяррăн кĕрешме хутать. Пирĕн идеологилле ĕç вăл—чăн-чăн творчествăлла ĕç пулса тăмалла.

* * *

Юлташсем! Пирĕн партин XX съезчĕн ĕçĕсемпе пĕтĕм совет халăхĕ тимлĕн интересленет. Пĕтĕм тĕнчери пирĕн миллионшар тусcем чĕрисем çак съезд патнелле туртăнаççĕ, вĕсен кусĕсем кунталла пăхаççĕ, мĕншĕн тесен вĕсем пĕрре кăна мар çакна курса ĕненнĕ: Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн съезчĕсем совет халăхĕн пурнăçĕнче кăна мар паллă тапхăр пулса тăраççĕ, вĕсем пĕтĕм тĕнче аталанăвне те хăватлă вăй парса тăраççĕ.

Партин XX съезчĕн историлле пĕлтерĕшĕ—калама çук пысăк. Партин аслă органĕ пирĕн кучухнехи тапхăрти пурнăçра чи кирлĕ задачăна—кашни çын пуçне продукци туса кăларас тĕлĕшпе пурниччен ытларах аталаннă капитализм çĕршывĕсене хăваласа çитсе иртсе каяс задачăна—пĕтĕм анлăшĕпе кăларса тăратрĕ. Эпир капитализм тĕнчине мирлĕ экономикăпа культура строительстви енĕпе ăмăртма сĕнетпĕр. Эпир хамăрăн çĕнĕ, çамрăк, чечекленсе пыракан строй çĕнтерессе иккĕлĕнмесĕр ĕненсе тăратпăр. Коммунистсен сăмахĕ ниxçан та ĕçрен уйрăлмасть, мĕншĕн тесен Коммунистсен партийĕ кăларса тăратакан задачăсем аталанах историре чи кирлине, халăх массисен пурнăçри интересĕсене, обществăлла прогресс ыйтнисене палăртса тăраççĕ.

Çĕнĕ пилĕкçуллăха пирĕн парти инсĕлми вăй-хăватпа кĕрет, вăл ырă пурнăç тăвас ĕçĕн аслă планĕсене, хăйĕн ĕçĕ ăнăçлă пуласса шанса тăнипе хапăлланать.

Юлашки вунă çулсен хушшинче тĕнче арени çинче пулнă темĕн чухлĕ политикăлла ушкăнсене партисен вăхăт тĕрĕслевне тÿсеймерĕç, е пачах шанчăкран тухса ÿкрĕç, е аран-аран çес мĕнле пурăнкалаççĕ! Пирĕн Коммунистсен партийĕ кăна, хăйĕн çулне Ленин тапра пĕтĕçнĕ пăчĕп ушкăнран пуçласа, нумай миллионлă, кучухнехи вăхăтри чи хăватлă парти пулса тăчĕ. Пирĕн парти чĕрĕлĕх паракан икĕ çăлкуçран вăй илсе тăнипе çавăн пек хăватлă пулчĕ. Пĕррремĕш çăлкуçĕ вăл—ĕмĕрех çамрăк та пурне те çĕнтерсе пыракан марксизм-ленинизм вĕрентĕвĕ. Çав вĕрентÿ партин пĕтĕм практикăлла ĕçне çĕтсен пирех тăрать тата хăй те практикăна пĕрмаях пуянланса пырать. Иккĕмĕш çăлкуçĕ вăл—партине халăхăн анлă массисем хушшинчи уйрăлми тата ытларах те ытларах çирĕпленсе пыракан çыхăну.

Владимир Ленин большевиксен партине икĕ çĕрçуллăх çыпăнă тапхăрта туса хунă. Аслă çавана аслă партие суратнă. Ленин партийĕн пачĕрăра ĕçĕсем кучухнехи саманан чăпĕне чыс пулса тăни, пĕтĕм прогрессивлă этемлĕхĕн мухтавĕ те шанчăкĕ пулса тăни факт мар-им вара! (Алă çупаççĕ).

Ленинизм кучухнехи вăхăтăн боевой ялавĕ, çĕршер миллион çынсен идеологийĕ, çĕнĕ, çутă пурнăç патнелле, прогресс патнелле туртăнакан халăх массисене малалла илсе пыракан аслă вăй пулса тăчĕ.

Сывă пултăр ленинизм! (Тăвăллăн, нумайччен алă çупаççĕ).



УКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: делегатсен ушкăнĕ (сулахайран сылтăмалла) КПСС Центральнăй Комитечĕ секретарĕ Д. Т. Шепилов, писательсем А. Е. Корнейчук, М. А. Шолохов, А. А. Сурков тата М. С. Каримов (Мустай Карим).

В. Егоров фотоÿкерчĕкĕ (ТАСС фотохроники).

# М. А. Суслов юлташ сăмахĕ

Юлташсем!

Хрущев юлташ хăйĕн докладĕнче пирĕн партин отчетлă тапхăрти ĕçĕсем çинчен, парти хăйĕн Центральнăй Комитечĕ ертсĕ пынипе тунă çитĕнÿсем çинчен усăн, тарăнăн та тĕплĕн калаçса парчĕ, коммунизмăн çĕнĕ çĕнтерĕвĕсемшĕн кĕрешес ĕçре парти умĕнче тăракан задачăсене палăртрĕ.

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕ тунă ĕçсене пурте пĕлеççĕ. Çав ĕçсене пур енĕпе те хак парса, парти съезчĕ, пирĕн пĕтĕм парти, мĕнпур совет çыннисем çав çитĕнÿсемшĕн тивĕçлипех мухтанаççĕ тата вĕсене чунчĕререн ырлаççĕ. (Алă çупаççĕ).

Пирĕн Центральнăй Комитет партин XIX—XX съезчĕсем хушшинче хăй умĕнче тăнă калама çук пысăк задачăсене татса пама пултарчĕ; шалти политикăра те, тулашри политикăра те вăл партин тĕрĕс, чăн-чăн ленинла çул-йĕрне çирĕп тытса пычĕ. (Алă çупаççĕ).

Ленин çапла вĕрентнĕ: парти политики вăхăтра тупалли ĕçсене шута илсен кăна, пурнăçра мĕн кирлине парти тĕрĕс шута илсен кăна çитĕнÿсем патне илсе çитерет. Отчетлă тапхăра çак енчен илсе пăхсан, çапла калама пулать: парти çак çулсенче, хăйĕн Центральнăй Комитечĕ ертсе пынипе, пурнăçпа, халăхпа уйрăлмах çыхăх пулнă, шалти тата тулашри лару-тăрăва мĕнле хак памаллине малтанах витĕр курса тăнă, çак тапхăрта тумалли ĕçсене тĕрĕс кăтартса панă, хуçалăх ыйтăвĕсене те, политика ыйтăвĕсене те творчествăлла татса панă.

Центральнăй Комитетăн отчетлă докладĕнче парти хăйĕн XIX съезчĕ хыççăнхи тапхăрта мĕнле ĕçлени, мĕнле кĕрешни, пирĕн Центральнăй Комитет çав тери активлă та пуçарулла пулни, партипе совет халăхне вăл партин политикăлла çул-йĕрне пурнăçа кĕртме тĕрĕс мобилизацилени лайăх курăнса тăрать. (Алă çупаççĕ).

Докладра хамăр çĕршыври тата халăх демократи çĕршывĕсенчи социализм строительствин пысăкран та пысăк итогĕсене туса палăртнă, пĕтĕм тĕнчери малта пыракан вăйсем тĕнчери йывăр лару-тăрăва çăмăллатассишĕн, нацилле никама пăхăнманлăхшăн тата халăхсен демократилле прависемшĕн, çирĕп миршĕн тата пĕтĕмĕшле хăрушсăрлăх туса хурассишĕн пынă кĕрешĕвĕн итогĕсене тунă. Пирĕн çĕршыври ĕççыннисен, пĕтĕм тĕнчери малта пыракан çынсем докладри цифрăсемпе фактсенчен, теориллĕ положенисемпе политикăлла выводсенчен мир, демократи тата социализм ĕçĕсем пурпĕрех çĕнтерес шанчăкăн çĕнĕ çăлкуçне кураççĕ.

Центральнăй Комитетăн отчетлă докладĕ пĕтĕмĕшпех ленинизм традицийĕсем çинче никĕсленсе тăрать, вăл пирĕн ĕçри çитменлĕхсене, найсăр енсене тата татса паман задачăсене партирен те, халăхран та пытарса тăмасть. Ку вăл акă мĕне пĕлтерет: пирĕн парти çитĕнÿсемпе хăпланса пурăнмасть, вăл хăйĕн умне çĕнĕ, пысăкран та пысăк задачăсем лартать. Тунă ĕçсене тĕплĕн тишкерсе хакланни—большевикла ертсе пымалли чи кирлĕ условия. Çавăн пек майпа кăна ĕçре пĕр вырăнта тăрассинчен хăтăлма тата пĕрмаях малалла, çĕнни, чи лайăххи, малта пыракании патне кайса пыма пулать. Пире çавăн пек тума аслă Ленин вĕрентнĕ:

«Пĕтĕм ĕç акă мĕнре,—тесе кăтартса панă вăл,—хамăрăн халиччехи опыт тулăтарнă пĕлÿпе çырлахмасăр пирĕн иирен мĕнле пулсан та малалла кайса пымалла, иирен мĕнле пулсан та ăнăçлăрах ĕçлемелле, кирек мĕнле пулсан та çăмăлрах задачăсенчен йывăртарах задачăсем патне куçмалла. Çакăнсăр нимĕнле прогресс та пулма пултараймасть, социализм строительствинче те прогресс пулма пултараймасть» (Сочиненисем, 28 т., 172 стр.).

## Çирĕп миршĕн, социализмшăн пыракан кĕрешÿре

Юлташсем! Тĕнчери лару-тăрăвăн кучухнехи аталанăвĕн тата пĕтĕм отсталăхĕн малта пыракан вăйĕсем умĕнче тăракан задачăсен уйрăмлăхĕсене тĕплĕн ăнлансе илсе, отчетлă тапхăрта пирĕн парти Совет государствин тулашри политики енĕпе пысăкран та пысăк активлăх кăтартрĕ. Çав çулсенче пĕтĕм тĕнчери халăхсене хумхантаракан ыйтусене илес пулсан, Совет Союзĕ хăй сăмах каламан, ĕçе татса парас тесе пысăк вăй хуман пĕр ыйту та çук.

Ку тĕлĕшпе парти активлă, ертсе пыракан вăйĕн позицине йышăннă, тĕнчен малашнехи кун-çулĕ мĕнле пулассине кăтартакан пĕтĕм ыйтусене практикăра, конкретлă татса парассине йĕркелене тăрăшнă. ССР Союзĕ мирлĕ политикăна активлă тытса пынипе пула тата мире юратакан пĕтĕм çĕршывсем пĕр-пĕринпе пĕрле ĕçленипе пула нумай ыйтусене татса панă чухне чылай ÿсĕмсем тунă. Совет Союзĕ ытти ыйтусем енĕпе панă сĕнÿсем те пурнăçпа ытларах çыхăнĕ, вĕсем конструктивлăрах пулса тăрасçĕ, анчах çав ыйтусене ку таранччен те татса паманни пирĕнтен килмен вара.

Совет государствин мирĕн парти туса хатĕрленĕ тулашри политикине принципĕ енчен тĕплĕн, çав вăхăтрах тĕрĕс тытса пынă. Пĕр государствăсем тепĕр государствăсене хăйсем пек тытма системине татăклăн сирсе пăрахса, Совет Союзĕ çав вăхăтрах икĕ енĕн интересĕсене шута илнĕ никĕс çинче килĕшÿсем тума хатĕр пулнине кăтартса панă.

Совет Союзĕ тата мире юратакан ытти çĕршывсен активлă кĕрешни икĕ пысăк результат патне илсе пычĕ. Пĕррремĕшĕнчен, чылай çулсем хушшинче пирвайхи хут тĕнчери лару-тăрăва çăмăллатнă. Хальхи вăхăтра çĕр чăмăрĕ çинче вăрçă пыракан район пачах çук, çакă вăл хăй кăна тĕнчери лару-тăрура пысăк утăм тунине кăтартса парать. Иккĕмĕшĕнчен, мир, демократи тата социализм вăйĕсен позицийĕсем чылай çирĕпленчĕç. Совет Союзĕн тата пĕтĕм социализм лагерĕн авторитечĕпе влиянийĕ вăйлăн ÿснĕ. Çав вăхăтра империализм лагерĕн позицийĕсем чылай вăйсăрланнă. Çакна нумай çынсем, вăл шутра США-н государство секретарĕ пулса ĕçленĕ Ачесон господин та, йышăнаççĕ, вăл, «Вашингтон пост энд Таймс геральд» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, çапла каланă: «Эпир йĕркитерлĕхе çавăнса пăхас пулсан, юлашки çулсенче хăйсен лару-тăрăвне пирĕн енелле улăштарнă пĕр-пĕр район тупма йывăр пулнă пулĕччĕ».

Совет Союзĕ Азири мире юратакан государствăсемпе туслă çыхăнусем тытнипе тата пĕр-пĕринпе килĕштерсе ĕçленипе пула мир ĕçĕ юлашки вăхăтра татах тĕрекленсе çирĕпленчĕ. Миршĕн тăракан вăйсем капитализм çĕршывĕсенче те ÿснĕ. Çавăн çинчен, сăмахран, Францире нумаях пулмасть пулса иртнĕ суйлавсен итогĕсем те калаççĕ, унта суйлавçăри партисем халăх масисем хушшинче те, çавăн пекех парламентра та хăйсен позицийĕсене сарчĕç тата çирĕплетрĕç.

Паллах, тунă результатсемпе лăпланса ларни тĕрĕс мар пулнă пулĕччĕ. Тĕнчери лару-тăру çăмăлланни хыççăн çирĕп мир туса хурас тесен, чылай ĕçлемелле-ха. Халăхсен миршĕн пыракан кĕрешĕвĕ çĕнĕшан çĕклеме пултарать тата çĕклене тивĕçлĕ те, çак кĕрешĕве уйрăмах Хĕвеланăçĕнчи хăшпĕр ушкăнсем «сивĕ вăрçă» калле чĕртсе яма хăтланнă пирки вăйлатас пулать.

Совет Союзне илес пулсан, вăл маттанах пекех, социализм системипе капитализм системи пĕр-пĕринпе килĕштерсе ĕçлесси çинчен Ленин кăтартса панине ĕçре пурнăçласа пырать тата тĕнчери лару-тăрăва малалла çăмăллатассишĕн, мире тĕреклетессишĕн ырми-канми кĕрешет, мĕншĕн тесен çакă вăл пирĕн халăхсен шухăш-кăмăлне, социализм интересĕсене палăртса тăрать.

Съездра шалти тата тĕнчери лару-тăру аталанăвĕн тĕп ыйтăвĕсене сÿтсе явнă май, пирĕн умра хамăрăн паянхи кĕрешĕвĕн историлле тĕллевĕ уçăмлăрах курăнса тăрать. Съезд пирĕн саманара, халăхсен пурнăçĕнче пысăкран та пысăк улшăнусем пулнă саманара, империализм системи арканнă тата социализм системи çирĕпленнĕ саманара событисем хăш енпелле улшăннине тĕплĕнрех ăнланса илме май парать.

Н. С. Хрущев юлташăн докладĕнче кучухнехи тĕнчери лару-тăру аталанăвĕн принциплă ыйтăвĕсене партин—икĕ системă пĕр-пĕринпе килĕштерсе ĕçлесси çинчен, хальхи вăхăтра вăрçă сирсе ярасси, тĕрлĕ çĕршывсем социализма куçмалли формăсем тата социал-демократла партисем çине мĕнле пăхмалли çинчен ыйтусем партни пысăк вырăн йышăнать.

Хрущев юлташăн докладĕнче çав ыйтусене сутатса пани марксизм-ленинизмăн аслă вĕрентĕвĕпе конкретлă усă курнине тата ăна малалла аталантарнине кăтартакан пример пулса тăрать. Хрущев юлташ кучухнехи тĕнчери лару-тăрăва тата юлашки вăхăтра пулса иртнĕ историлле пĕлтерĕшлĕ улшăнусене марксистла хак парса, пирĕн парти, тăванлă коммунистсен партийĕсен тата пĕтĕм тĕнчери рабочисен юхăмĕ пухнă опытпа усă курса, пĕтĕм тĕнчери халăхсене хумхантаракан ыйтусем çине ĕненмелле ответсем пачĕ. (Алă çупаççĕ).

Хрущев юлташ кăтартса панă тăрăх, кучухнехи историлле лару-тăрура вăрçăсем пурпĕрех пуласси пирки тăракан ыйтăва çĕнĕлле, тĕнчери пĕрремĕш тата иккĕмĕш вăрçăсем умĕнхинчен урăхларах лартмалла пулать. Халĕ тĕнчери вăйсен шайлашăвĕ вăрçăшăн тăракансен енелле мар, миршĕн тăракансем майлă тĕпренех улшăннă. Паллах, империализм юлать пулсан, вăрçă тухма халĕ те экономикăлла никĕс пур, реакцилле монополисене ушкăнсем вăрçă авантюрисем пуçарасси, уйрăмах социализм çĕршывĕсене хирĕç авантюрăсем пуçарас хăрушлăх, халĕ те малтанхи пекех юлать. Çавăнпа та ку тĕлĕшпе тимсĕрлĕх пĕрре те пулмалла мар, çĕршыва оборона тĕлĕшĕнчен малалла тĕреклетсе пырассине вăйсăрлатмалла мар. Анчах халĕ вăрçă пурĕ-пĕрех пулать теме сăлтав çук. Халĕ, историлле çĕнĕ условисенче, хăватлă вăйсем пур, вĕсем империалистсене çĕнĕ вăрçă пуçарма памĕç, анчах империалистсем çав-çавах вăрçă пуçарас-мĕн пулсан,—агрессорсене аркатса тăкма, вăрçăпа пĕрле капитализм стройне—халăхăн ытларахăш пайĕ пулса тăракан ĕççыннисене хаяррăн эксплуатацилекен, вĕсене, чăннипе илсен, правасемсĕр тăратса хăваракан тата асаплăхпа выçлăха хăваракан, вĕсене вăхăчĕ-вăхăчĕпе хăрушă, юнлă тискер вăрçа кĕртсе ÿкерекен строя—хăйне те тĕппипех пĕтерсе хума хăватлă хатĕрсем пур. (Нумайччен алă çупаççĕ).

Çак историлле çĕнĕ условисене империализмăн ертсе пыракан ушкăнĕсем те шута илмесĕр тăма пултараймаççĕ. Апла пулсан та, паллах, çĕнĕ вăрçă чĕртессине хăй тĕллĕнех чарса лартма çук. Çакна ăна миршĕн татăклăн кĕрешнипе, мире юратакан мĕнпур вăйсем çĕнĕ вăрçă тата агрессен хăрушлăхне хирĕç тачă пĕтĕçсе тата пысăк активлăхпа тăнипе, вăрçă чĕртме хăтланакансем пирки тимлĕ пулнипе, вĕсен ĕçĕсене тăрă шыв çине вăхăтра кăларнипе тата халăхсене кĕрешме ялан хатĕр тытса тăнипе кăна тума пулать.

Хальхи вăхăтра вăрçă пурпĕрех пулать тенине, ăна чарма çук тенине сирсе пăрахни, паллах, миршĕн тăракансен ретне ÿстерме тата миршĕн кĕрешекенсене хавхалантарма май парать.

Хрущев юлташ докладĕнче тĕрлĕ çĕршывсем социализма куçасси тĕрлĕ формăсемпе пулса иртни çинчен калани пĕлтерĕшлĕ те пысăк.

Тĕнчери лару-тăрура историлле пĕлтерĕшлĕ улшăнусем пулни çирĕп миршĕн кĕрешме кăна мар, çавăн пекех социализмшăн кĕрешме, социализмла мар çĕршывсене социализма куçарассишĕн кĕрешме, кунпа пĕрлех çавăн пек куçассине тĕрлĕ çĕршывсенче расна формăсемпе пурнăçлама халĕ ĕнтĕ ытти вăхăтринчен нахарах условисем туса хунă.

Социализм стройĕ çуралнин тата вăл аталанăвăн историлле опычĕ халĕ ĕнтĕ чылай çĕршывсенче В. И. Ленин пуласлăх çинчен гениллĕ калавине пĕтĕмпех çирĕплетсе пачĕ. В. И. Ленин çапла вĕрентнĕ: социализма куçмалли пĕрлĕхлĕ тата пĕр пекрех çул-йĕр пулнă чухне тĕрлĕ çĕршывсен социализма куçасси, тĕпрен илсен, пĕрешкел пулса пымасть, кашни наци ку е тепĕр формăллă демократи тĕлĕшпе, пролетариат диктатури ку е тепĕр форми тĕлĕшпе хăйне евĕр улшăнусем тăвать, обществăлла пурнăçăн тĕрлĕ енĕсенче тĕрлĕ хăвăртлăхпа социализмла улшăнусем тăвать.

Опыт çакна çирĕплетсе пачĕ: социализма куçас пулсан, рабочи класĕн, хăйĕн малта пыракан пайĕ ертсе пынипе, государствăна политика тĕлĕшĕнчен ертсе пырассине хăйĕн аллине илмелле. Социализма куçмалли çак тĕп условие йышăнни—революцилле марксистсене реформистсенчен уйăрса тăракан тĕп паллă пулать. Рабочи класс государствăна политика енчен ертсе пыни акă мĕншĕн кирлĕ: çапла туни кĕскерех е пысăкрах срокра—ку вăл конкретлă условисенчен килет—производство хатĕрĕсем тĕлĕшпе капиталистсен класĕн харпăрлăхне пĕтерме, ăна обществăлла харпăрлăх туса хума, сирпĕтсе антарнă эксплуататорла классем каллех кивĕ йĕрке тума хăтланнине çапса аркатма, социализм строительствине организацилеме кирлĕ.

Çав вăхăтрах пурнăç çакна çирĕплетсе пачĕ: социализм çĕршывĕсенчен кашнийĕнчех рабочи класс чи кирлĕ ĕçсем енĕпе пĕрлĕхлĕ пулса, пĕр-пĕрин опычĕпе тата пулăшăвĕпе, уйрăмах Совет Союзĕн опычĕпе тата тăванла пулăшăвĕпе усă курса, государство власĕн тĕп участокĕсене çĕнсе илнĕ чухне те, социализм тунă чухне те хăйне евĕр творчествăлла ĕç нумай тунă.

Çакна май ыйту тухса тăрать, малашне социализма куçмалли çĕнĕ формăсем пулма пултарассĕ-и? Ку ыйту питĕ пысăк пĕлтерĕшлĕ. Халăхсен социализм тăвас кăмăлне путарма çук, социализм идейисен хăй патне туртса илекен вăйĕ кунчен-кун ÿсет, çак вăл пирĕн çĕршывра, Китайра, мĕнпур халăх демократи çĕршы-

(Малалли 5-мĕш страницăра).

СОВЕТ СОЮЗĔНЧИ КОММУНИСТСЕН ПАРТИЙĔН ХХ СЪЕЗЧĔ

# М. А. Суслов юлташ сăмахĕ

(Вĕçĕ).

строительствăра ытлашши тăкаксем туса халăх укçи-тенкине нумай расходланинче, колхозсенче, машина-трактор станцийĕсенче пĕр центнер тĕштырă, ашкакай туса илесси мĕн хака ларнине шута илменнинче, паллах, экономистсем пирĕн хуçалăхра хаклăх законĕ мĕнле ĕç тунине тĕпчесе вĕренменни сисĕнет те ĕнтĕ.

Халăх хуçалăхĕн конкретлă отраслĕсенчи экономикăлла ыйтусене наука енĕпе тĕпчесе вĕренесси те тивĕçлĕ вырăнта тăмасть. ССР Союзĕнче ялхуçалăх производствин экономикине тĕпчесе вĕренме тивĕçлĕ наукăпа тĕпчев учрежденийĕсем 40 ытла шутланаççĕ. Анчах та вĕсем колхозсемпе совхозсем пухнă пуян опыта пĕтĕçтерес тĕлĕшпе питĕ сахал ĕçленĕ. Ялхуçалăх экономикин учебникне кăларасси, промышленность экономикин учебникне кăларасси пекех, питĕ вăраха тăсăлчĕ.

Теориллĕ шухăш пирĕн пурнăçри, коммунизм строительствинчи питĕ кирлĕ задачăсенчен уйрăлса тăни философире те палăрать. Экономистсемпе философсен пĕр пайĕ практикăран уйрăлса кайнине пула начетничествăпа догматизм анлăн сарăлнă. Начетничествăн усал чирĕн сиенлĕхĕ вăл кирлĕ-кирлĕ мар çĕртенех цитатăсем илсе каласа парас йăла сарăлнинче кăна мар, вĕсем пĕр е тепĕр ыйту тăрăх, хăйсем каланă шухăшсен тĕрĕслĕхне практика тăрăх мар, çав ыйтусем тăрăх пĕр-пĕр авторитетлă çын мĕнле калани тăрăх хаклани пулать. Вĕсен конкретлă пурнăça тĕпчесе вĕренес кăмăл чакса пырать. Вĕсен пур чухне те кирлĕ-кирлĕ мар çĕртенех цитатăсем нумай илсе кăтартаççĕ. Каланă шухăш кăшт та пулин цитатăра каланинчен урăхларах пулса тухсан, цитатăсемпе килĕшсе тăмасан, ун пек чухне вĕсем тĕп çул-йĕре ревизи туни пулать тесе ăнлантарма пăхаççĕ. Начетниксен çакнашкал ĕçĕ ниме юрăхсăр кăна мар, вăл сиенлĕ те. (Алă çупаççĕ).

Çакă та паллă: догматизмпа начетничество уйрăм çынсене пысăка хурасси патне илсе пыма пултарнă. Уйрăм çынсене пысăка хуракансем марксизм теорине аталантарас ĕçе уйрăм çынсем кăна туса пыма пултараççĕ, тесе шутлаççĕ, çак ĕçре вĕсем вара пĕтĕмпех çав çынсем çине шанса пурăннă. Ыттисен вара çав уйрăм çынсен вĕрентĕвне алла илесси тата ăна халăх хушшине сарасси кăна юлать, имĕш. Çапла вара революцилле теорин аталанăвĕнче пирĕн партипе тăванла партисен коллективла шухăшĕн, халăх массисен коллективла опычĕн рольне чакарнă.

Пирĕн парти догматизмпа нихçан та килĕшсе тăма пултарайман, хальхи вăхăтра вара унпа кĕрешесси уйрăмах çивĕчленнĕ. Эпир пурăнакан вăхăтра марксизма творчествăлла малалла аталантарса пырасси кучуххехи чи кирлĕ ĕç пулса тăрать. Пирĕн çĕршыври коммунизм строительствинче, халăх демократи çĕршывĕсенчи социализм строительствинче кашни кун çĕнĕрен те çĕнĕ ыйтусем тухса тăраççĕ, теорин вĕсем тăрăх хăйĕн сăмахне калаçа памалла. Пĕтĕм тĕнчере çав тери пысăк улшăнусем пулса иртеççĕ, чылай ыйтусене халĕ урăхла татса памалла. Çаксем вĕсем акă мĕн тума хушаççĕ: пурнăçран юлас мар тесен, çĕнĕ проблемăсене наука енĕпе тĕпчесе вĕренмелле, марксизма малалла пуянлатса тата аталантарса пымалла. В. И. Ленин, марксизмăн творчествăлла характерне палăртса, çапла каланă: «Маркс теорийĕ хăйĕн аталанăвĕнче пĕтĕмĕшпех вĕçленсе çитнĕ тата ăна пачах та тĕкĕнмелле мар теори тесе шутламастпăр эпир; эпир çакна ĕненетпĕр, пачах урăхла, çав теори наукăн тĕп никĕсне кăна хывса хăварнă, социалистсен, пурнăçран кая юлас мар тесен, çав наукăна пур енĕпе те малалла аталантарса пымалла» (Сочиненисем, 4 том, 191 стр.).

Çак задача тăрать те ĕнтĕ пирĕн умра, уйрăммăнах пирĕн экономистсемпе философсем умĕнче. Парти вĕсенчен çакна кĕтет: Совет Союзĕнчи тата халăх демократи çĕршывĕсенчи социализм строительствин асăран та аслă опытне пĕтĕçтерес, капитализм çĕршывĕсенче кучуххехи вăхăтра пулса пыракан процессене тарăннăн анализ туса, наукăлла капитальнăй произведенисем кăлармалла, çав произведенисем совет, хуçалăх тата парти кадрĕсене теориллĕ пулăшу пама пултарччăр. Паллах, марксистсем çĕнĕ практикăпа мĕнпур наукăсен çитĕнĕвĕсене пĕтĕçтерипе революцилле теорие малалла аталантарса пырасси çинчен каланă чухне, вĕсем, яланах марксизм-ленинизма унăн нихçан пăсмалла мар çирĕп принципĕсен никĕсĕ çинче малалла аталантарасси тата пуянлатасси, çав принципсене ревизи тума пăхакансене хирĕç хаяррăн кĕрешесси çинчен калаççĕ.

Пирĕн идеологилле ĕçри çитменлĕхсем питĕ пысăк. Парти вĕсемпе килĕшсе тăма пултараймасть.

Çӳлтен пуçласа аяла çитиччен партин мĕнпур организацийĕсем умĕнче çакăн пек задача тăрать: çак çитменлĕхсене пĕтермелле, пирĕн идеологилле ĕçе пурнăç, практика, коммунизм строительствин конкретлă ыйтăвĕсем енне татăклăн çавăрмалла, пропагандăпа агитацие чи малтан кашни предприяти тата колхоз умĕнче материальнăй пурлăх туса кăларассине ӳстерес тĕлĕшпе тăракан задачăсемпе тачă çыхăнтарассине пурнăçламалла.

Ĕççыннисен социализмла ăнланăвне ӳстерсе пырассишĕн яланах çине тăрса тăрăшмалла, вĕсене хумхантаракан куллен хи тата çивĕч ыйтусем çине ответлемелле, çынсен ăс-тăнĕнчи капитализм юлашкийĕсене хирĕç пыракан кĕрешĕве вăйсăрлатмалла мар, империализмла буржуазин реакцилле идеологине тăрă шыв çине татăклăн кăларса пымалла. Тĕнчери лару-тăрури йывăрлăха малалла çăмăллатса тата мире çирĕплетсе пырса, пирĕн буржуалла идеологие, империализма, колониализма критиклес ĕçе вăйсăрлатмалла мар, пачах урăхла, çав тĕллевпе ку ĕçе малалла вăйлатса пымалла, империализмăн агрессиллĕ идеологийĕпе политикине, капитализмла система çынсене эксплуатацилени, тĕслĕхсемпе фактсем илсе кăтартса, тăрă шыв çине кăлармалла; ăна хирĕçле система—социализмла система малта тăнине, унăн аслă тата ырă принципĕсемпе тĕллевĕсене палăртса, капитализмла система пурпĕрех пĕтессине кăтартса памалла. Пирĕн партин темиçе вуншар çулсем хушшинчи пурнăçĕнче йăлана кĕнĕ большевикла паттăрлăхпа çирĕп тĕллевлĕх пирĕн идеологилле ĕçре халĕ те пулмалла, идеологилле ĕçе коммунизм çĕнтерĕвĕшĕн кĕрешес ĕçри задачăсене пăхăнтармалла.

Пропагандăшăн тата çĕнĕ опыт никĕсĕ çинче марксизм-ленинизма творчествăлла аталантарса пырассишĕн парти малашне те ывăнма пĕлмесĕр тăрăшĕ. Марксистла-ленинла теори вăл пирĕн политикăн тата пирĕн пĕтĕм ĕçĕн наукăлла никĕсĕ, коммунизм строительствине ăнăçлăн туса пырас ĕçре усă курмалли вĕрентӳ пулса тăрать.

* * *

Юлташсем! Çак съездăн историлле пĕлтерĕшĕ питех те пысăк. Съезд пирĕн партин, çĕршыв тата совет халăхĕ умне коммунизм строительстви енĕпе калама çук пысăк малашлăх уçса парать, çавăншăн эпир питĕ хумханса, чĕререн савăнатпăр. Умра тăракан çав тери пысăк задачăсене ăнăçлăн пурнăçлама пирĕн питĕ лайăх майсем пур. Совет çыннисем умне мĕн тери чаплă пурнăç туса тăрать. Политика, экономика тата культура тĕлĕшĕнчен пирĕн социализмла Тăван çĕршыв çитес çывăх вăхăтрах мĕн тери хăватлă çĕршыв пулса тăрĕ. Унпа юнашар ытти социализмла тăванла çĕршывсен, социализмла мĕнпур çĕршывсен пĕрлĕхĕпе туслăхĕ çирĕпленсе тата чечекленсе пырĕç. (Нумайччен алă çупаççĕ).

Пирĕн парти çак [illegible] те чаплă малашлăх умнче тăрать, вăл никам аркатайми, çирĕп пĕтĕçнĕ, унăн творчествăлла активлăхĕ тата пултарулăхĕ нихçанхинчен те пысăк. Ăна пĕтĕм совет халăхĕ вĕçĕмсĕр хытă юратать, ырлать. Вăл марксизмăн-ленинизмăн никам çĕнтерейми вĕрентĕвĕпе хĕçпăшалланнă.

Никĕн иккĕленмелли те çук: партин ХХ съезчĕ хыççăн Тăван çĕршыва малалла чечеклентерсе пырассишĕн, халăхсем хушшинчи туслăхшăн, пирĕн çĕршывра коммунизм туса хурассишĕн кĕрешӳ ĕçре пирĕн парти çĕнĕ пысăк çĕнтерӳсем тăвĕ. (Нумайччен, тăвăллăн алă çупаççĕ).

# Пире парти ырлăх пачĕ

Каçхине, мастерскойри ĕçсенчен пушаннă тата çăвăнса тасалнă хыççăн, Чурачăк МТС-ĕнчи механизаторсем общежитири пĕр пӳлĕме пуханчĕç.

МТС-ри партбюро секретарĕ Г. Сыков юлташ механизаторсене КПСС ХХ съездĕнче Н. С. Хрущев юлташ тунă отчетлă доклад çинчен каласа пачĕ. Совет халăхĕ Коммунистсен партийĕ ертсе пынипе иртнĕ пилĕкçуллăхсенче тунă историллĕ çĕнтерӳсем çинчен тата коммунизм патне шанчăклă пыни çинчен калакан сăмахсене механизаторсем тулли кăмăлпа итлеççĕ.

Чылай вăхăта пынă калаçăва трактористсем хăйсем те активлăн хутшăнчĕç. МТС-ĕнчи механизаторсем, пĕтĕм совет халăхĕ пекех, Коммунистсен партийĕн малти тата тулашри политикине пĕр çын пек пулса ырлани, улттăмĕш пилĕкçуллăхра тăракан аслă задачăсене чыслăн пурнăçлассишĕн ырми-канми кĕрешме хатĕр тăни çинчен хумханса калаççĕ.

— Коммунистсен партийĕ тăрăшнипе пирĕн çĕршывăн индустрилле хăвачĕ мĕн тери хăвăрттăн ӳссе пынине эпир, механизаторсем тата ытларах туйса тăратпăр,—тет бригадир Я. Васильев юлташ.—Пирĕн МТС-а 1951 çулта çеç организациленĕ. Пирвайхи çул кунта пурĕ 25 трактор тата вĕсенчен кăкарса ĕçлеме кашнин валли пĕрер плугпа сеялка çеç пурччĕ. Ун чухне тракторсемпе ытти машинăсене уçă вырăнтах юсама тиветчĕ. Пилĕк çул çеç иртрĕ, пушă вырăнта мĕнпур ĕçсене пекех механизациленĕ тата электрификациленĕ предприяти евĕрлĕ МТС ӳссе ларчĕ. Акă халĕ типовой мастерскойра ăшă пӳлĕмсенче ĕçлетпĕр, культурăллă общежитире пурăнатпăр. Пилĕк çул хушшинче МТС-ри тракторсен шучĕ икĕ хут ытла ӳсрĕ, халĕ эпир вуншар йышши машинăсемпе тата ĕç хатĕрĕсемпе усă куратпăр. Н. С. Хрущев юлташăн докладĕнче питĕ тĕрĕс каланă: уй-хир ĕçĕсене çеç мар, ялхуçалăхĕнчи мĕнпур ĕçсене, вăл шутра выльăх-чĕрлĕх пăхас ĕçсене те, комплексла майпа механизацилеме вăхăт çитнĕ ĕнтĕ. Çакна пурнăçа кĕртесси халĕ пуринчен ытларах пиртен хамăртан килет. Колхозсенче выльăх апачĕ ытларах хатĕрлесен, фермăсенчи ĕçсене механизацилеме пулăшсан, эпир выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем туса илессине çитес çулсенчех темиçе хут ӳстерме пултарăпăр.

— Н. С. Хрущевăн докладне вуланă хыççăн манăн партипе правительствăна пирĕншĕн тăрăшнăшăн тепĕр хут тав тăвас туйăм тухса тăрать,—тет М. Петров тракторист.—Граждан вăрçинче атте, ун хыççăн анне вилнĕ хыççăн эпĕ тăлăха тăрса юлтăм. Капитализмла çĕршывра пулсан эпĕ ун чухне выçăпа е шăнса виличчĕ. Совет влаçĕ мана тулăхра ӳстерчĕ. 1930 çулта эпĕ чи малтан колхоза кĕтĕм, 1937 çулта тракторпа ĕçлеме вĕренсе çитрĕм. Халĕ манăн çемьере 8 ача, пурте вĕсем сукăлха пĕлмесĕр тутă пурнăçра ӳсеççĕ, шкула çӳреççĕ. Акă халĕ Зина ятлă хĕрĕмпе иксĕмĕр ДТ-54 тракторпа ĕçлетпĕр. Зина çичĕ çул вĕренсе пĕтернĕ хыççăнах трактористка пулма шутларĕ, механизаторсен шкулне кайрĕ. Трактор çинче ĕçлеме тытăннăранпа вăл тăватă хутчен мухтав грамотисем илме тивĕçлĕ пулчĕ. Пурин шухăшне те палăртса, халĕ эпĕ çапла каласшăн: парти пирĕн çине çирĕппĕнех шанма пултарать. Çĕршывра 11 миллиард пăтран кая мар тĕштырă туса илме, выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем туса илессине икĕ хут ӳстерме партнĕ задачăна пурнăçа кĕртессишĕн эпир вăйсене хĕрхенсе тăмăпăр. Акă эпир, Зинăпа иксĕмĕр, кăçал ДТ-54 тракторпа пурĕ 2 пин гектартан кая мар сухалани чухлĕ ĕç тума йышăнтăмăр.

— Пирĕн пурнăç лайăхланса пынине эпир халĕ кунран-кун туйса тăратпăр,—тет В. Харитонов тракторист.—Хамăр МТС-ри çынсенех илĕпĕр.—Велосипедсăрри пĕр тракторист та çук вĕт, юлашки çулсенче 16 çын мотоциклсем туянчĕç, нумайăшĕ çĕнĕ пӳртсем лартрĕç. Парти пире ырлăх пачĕ, совет халăхĕн пурнăçĕпе культурине малалла лайăхлатма халĕ тата пысăк ĕçсем тума палăртать. Çакă ĕнтĕ пире тата лайăхрах ĕçлеме, хамăр алла шанса панă кăткăс техникăпа тĕрĕсрех усă курма хавхалантарать. Пирĕн ĕçре çитменлĕхсем пур-ха, тракторсене кирлĕ пек хăвăртлăхпа юсаймастпăр. Пирĕн суракине пур енчен те тĕплĕн хатĕрленсе çитмелле, ку ĕçре колхозсене те ытларах пулăшмалла. Уйрăмах вăрлăхсене сортласа, удобренисем турттарас ĕçре ытларах пулăшас пулать.

— Н. С. Хрущев юлташăн докладĕнче ялхуçалăх продукчĕсем хатĕрлес ĕçе ертсе пырассине малашне МТС-сем çине хурасси çинчен каланă,—тет Я. Трофимов тракторист.—Ун пек туни вăл питĕ тĕрĕс пулать. Ялхуçалăх продукчĕсем туса илессишĕн çеç мар, вĕсене хатĕрлессишĕн те ответлă пулни механизаторсене тата лайăхрах ĕçлеме, тырпул тухăçне тата выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхне ӳстерессишĕн çине тăрса кĕрешме хушать. Коммунистсен партийĕ çĕнĕ пилĕкçуллăхра машина-трактор станцийĕсене тата вăйларах, тухăçларах техникăпа пуянлатма палăртать. Эпир çав техникăна вĕренсе алла илсе, ĕç тухăçне ӳстерĕпĕр, çĕрĕç культурине тĕпренех лайăхлатса пырăпăр.

Калаçăва ытти трактористсем те хутшăнчĕç. Вĕсем МТС техникине çитес суракине ирттерме лайăх хатĕрлесе çитерессишĕн, 1956 çулта тракторсене туса туммалли ĕçсен планне тултарассишĕн социализмла ăмăртăва анлăрах сарма пулчĕç.

Н. ВОЛКОВ.

*Редакцие килнĕ çырусем*

## Общежитири йĕркесĕрлĕхсем

«Легпромстройăн» 11-мĕш трестĕнчи рабочисем ниĕнле çанталăка пăхмасăр иртен пуçласа каçчененех тулта ĕçлеççĕ. Анчах трест руководителĕсем çамрăк строительсене общежитире лайăх пурнăç условийĕсем туса парассишĕн тăрăшманни пире питех те тĕлĕнтерет.

Ленинградски урамри 25-мĕш çурта — çамрăксен общежитине—юсасси çинчен иртнĕ çуркуннех калаçма пуçланă. Çак ĕçе çуллахи вăхăтра кĕске срокрах туса пĕтерме май пулнă, анчах ăна октябрь уйăхĕнче çеç юсама пуçланă. Унтанпа та тăватă уйăх иртрĕ, хăçан юсаса пĕтересси паллă мар. Çак çурта строительствăпа юсав ĕçне кăштах чухлакан çын пырса кĕрес пулсан, кунта технологи йĕркине пăснине часах асăрхама пултарать. Юр ирĕлнĕ е çумăр çунă чухне маччаран шыв анать. Апла пулсан, малтан çурт тăррине, унтан çӳлти хутне, кайран иккĕмĕшпе пĕрремĕш хучĕсене юсаса анмалла. Кунта вара пачах урăхла, аялти хутĕнчен пуçласа юсаççĕ. Пĕрремĕшпе иккĕмĕш хутĕнчи пӳлĕмсене вара виççĕмĕш хут штукатурка тума тивет. Санитари узелĕсене те питĕ начар юсанă: аялти хутсене шапăртатса шыв юхать.

Иртнĕ çул общежитире сушилкăпа прачечнăй тата гладильнăй ĕçлеме тытăннăччĕ. Кăçал вара сушилка çывăхне те ямаççĕ, кунта ЖКО прачечнăйĕ хуçа пулса тăрать. Çунă кĕпесене пӳлĕмсенчех комендантран вăрттăн çакса типĕтме тивет. Сушилка туса парасси çинчен трестăн главнăй инженерĕ Чепурин юлташ итлесшĕн те мар.

Иртнĕ çул общежитире пурăнакансем хушшинче культурăлла-массăлла ĕçе аван йĕркеленĕччĕ. Кăçал вара çурта юсама тытăннăранпа клуб ĕçлемест, унта хĕрачасем пурăнаççĕ. Художествăлла пултарулăх кружокĕсен пĕртен-пĕр пушă пӳлĕмре — хĕрлĕ кĕтесре ĕçлеме тивет. Хĕрлĕ кĕтесе пыракан рабочи кĕнеке-хаçат вулас, шашка-шахматла е доминолла выляс тет, анчах хор, драма е ташă коллективĕсем занятипе ирттерме пуханссан, ирĕксĕрех тухса кайма тивет.

Çамрăксен общежитийĕнче воспитанилле ĕçе тăтăшах туса пыни кирлĕ. Анчах трестăн партбюровĕпе комсомол организацийĕ çак ĕçе хăйсен тивĕçĕ тесе шутламаççĕ. Сăмахран, общежитире чăтма çук кирексĕр ĕçсем пулса иртсен те тивĕçлĕ мерăсем йышăнман, общежитире пурăнакансен пухăвĕнче сӳтсе явман.

И. ИЛЬИН.
Строительствăри рабочи.

## Радиопередачăсем пирки

Ирхине ыйхăран вăрансан, малтан сехет çине пăхатăн, унтан радиоприемнике пăркалама пуçлатăн. Кунсерен радио итлесси кашни çыннăн йăлине кĕнĕ. Çĕнĕ хыпарсем, интереслĕ лекци, музыка произведенийĕсем итлесе пурнăçпа [illegible] пыратăн.

Тӳрех калас пулать, Шупашкартан паракан радиопередачăсем тепĕр чухне кăмăла каймаççĕ. Акă, сăмахран, «Кӳршĕри кил умĕнче çамрăк каччă пур» ятлă юрра радиопа паянне кашни кунах илтме пулать. Пирĕн шутпа юрă лайăх пулсан та, ăна кашни концерта кĕртме кирлех мар.

Февралĕн 3-мĕшĕнче ачасем валли паракан «Хатĕр пул!» радиожурнала итлерĕмĕр. «Хатĕр пул!» радиожурналта яланах Шупашкар ачисем çинчен илтетĕн. Колхозра чун-чĕререн тăрăшса ĕçлекен, ашшĕ-амăшĕсене пулăшакан пионерсем çинчен питĕ сахал калаççĕ.

Пирĕн шутпа, радиопередачăсене интереслĕрех йĕркелеме майсем çителĕклĕ.

А. АНДРЕЕВ.
Канашри механизаци шкулĕнчи курсант.

### КЕСКЕН АСĂРХАТТАРНИСЕМ

★ Пратткасри (Шăхасан районĕ) вулав çуртĕн заведующийĕ Г. Волынова ĕçе кĕске вăхăта çеç пыркаласа каять. Вулав çурчĕ валли çырăнса илнĕ хаçат-журналсем унăн килĕнче темиçешер кун выртаççĕ. Лекцисемпе докладсем, çамрăксен каçĕсем ирттермен 3—4 уйăх ытла ĕнтĕ. Нумаях пулмасть вулав çурчĕн ĕçне культура пайĕн инспекторĕ Семенова юлташ тĕрĕслесе кайрĕ, анчах ĕç улшăнни палăрмасть. Г. АФАНАСЬЕВ.

★ Иртнĕ çулхи май уйăхĕнче Чăвашпотребсоюзăн хатĕрлев управленийĕ Сталинград хулине яма Етĕрне районĕнчи ялсенче çĕрулми хатĕрлерĕ. Хатĕрлев работникĕсем çĕрулмине виçĕ килограммшăн пĕр килограмм тулăпа улăштармалла тунă. Унтанпа чылай вăхăт иртрĕ ĕнтĕ. Колхозниксенчен туяннă çĕрулмине çийĕнчех Сталинграда илсе кайнă. Анчах уншăн вĕсене халиччен те тулă памаççĕ. Нумайăшĕ хатĕрлев организацийĕсене темиçе хут та кайнă, тулă çав-çавах памаççĕ.

Чăвашпотребсоюзăн çак ыйтăва халех татса памалла.

М. ЯКУНИНА.

### Пĕлтерни

Февралĕн 22-мĕшĕнче, каçхине 7 сехетре, КПСС Шупашкар хула комитечĕн библиотекинче политикăлла экономика (пĕрремĕш цикл) вĕренекенсем валли В. И. Ленинăн «Империализм, как высшая стадия капитализма» ятлă произведенийĕ çинчен лекци пулать.

Лектор Л. С. Соловей юлташ.

КПСС ХУЛА КОМИТЕЧĔ.

*«Коммунизм ялавĕн» паянхи номерĕ улта страницăллă.*

# Тĕштырăсен тухăçлăхне ӳстеретпĕр

Улттăмĕш пилĕкçуллăхра пирĕн çĕршывра 1960 çулта тĕштырă туса илессине пĕтĕмпе 11 миллиард пăта çитерме палăртнă. Çак пысăк задачăна ăнăçлăн пурнăçлас тесен, пирĕн çĕрĕç культурине хальхинчен чылай ӳстермелле.

Пирĕн условисенче тырпул тухăçлăхне ӳстермелли чи лайăх майсенчен пĕри вăл—вырăнти удобренисемпе анлă усă курни. Вырăнти удобренисенчен уйрăмах тислĕк пысăк вырăн йышăнать. Вăл çĕре çемçетме тата тырпул тухăçлăхне ӳстерме пулăшакан чи паха удобрени. Çавăнпа та эпир çулленех ун тислĕк нумай кăларатпăр. Акă, иртнĕ çулта колхоз пĕтĕмпе 7.200 тонна тислĕк кăларчĕ, пысăк тухăçлă тырпул туса илчĕ. 765 гектар çинчен вăтам шутпа кашни гектартан 13,8-шер центнер тĕштырă пухса кĕртрĕмĕр. Ыраш гектартан 17-шер центнер тухрĕ.

Партин ХХ съезчĕ ячĕпе социализмла ăмăртăва хутшăнса, артель членĕсем 1956 çулта кашни гектартан 15 центнертан кая мар тĕштырă туса илме сăмах пачĕç. Сакна пурнăçлас шутпа вĕсем кăçал ун пĕтĕмпе 13.900 тонна, сухалакан çĕрĕн кашни гектарĕ çине 10 тонна ытларах тислĕк кăларма йышăнчĕç. Кунсăр пуçне хире 1.000 тонна торф тата 1.000 тонна юшкăн тăпри кăларма палăртнă.

Вырăнти удобренисем пухса хатĕрлес тĕлĕшпе кашни уй-хир бригадине, фермăна, колхозника заданисем панă. Артель членĕсем хăйсен пĕрлехи пухăвĕнче 1956 çулта кашни колхозник килĕнчен колхоз уй-хирне 50 лавран кая мар тислĕк кăларма йышăнчĕç. Кашни лав тислĕкшĕн колхозниксене 10-шар килограмм улăм памалла тунă.

Колхозниксем хăйсен сăмахне çийĕнчех пурнăçлама тытăнчĕç. Уй-хир бригадисемпе колхозниксем хушшинче улттăмĕш пилĕкçуллăхăн пĕрремĕш çулĕнче нихçанхинчен тухăçларах тырпул туса илессишĕн, вырăнти удобренисем нумайрах пухса хатĕрлессишĕн социализмла ăмăрту анлăн сарăлчĕ. Артель членĕсем январь уйăхĕнче ун пĕтĕмпе 2 пин тонна тислĕк, 150 тонна торф тата 300 тонна юшкăн тăпри кăларчĕç. Кунсăр пуçне 125 центнер кĕл, 150 центнер фекали тата 50 центнер кайăк-кăшăк тислĕкĕ пухса хатĕрленĕ. Çак ĕçе эпир малашнĕ те вăйлатса пыратпăр.

Директивăсен проектĕнче кукуруза акмалли лаптăка та чылай ӳстерме палăртнă. Иртнĕ çулта эпир малтанхи хут 40 гектар çине кукуруза акрăмăр. Анчах, унăн агротехникине тĕрĕс пурнăçламан пирки, кукуруза тухăçлах пулаймарĕ. Çакăншăн эпир хамăр айăплă. Ку çитменлĕхе пĕтерессишĕн кăçал тимлĕн тăрăшса ĕçлеме тивет.

Агротехника кăтартăвĕсене çирĕппĕн пурнăçласа пырсан, пирĕн патăмăрта та пысăк тухăçлă кукуруза туса илме пулать. Сакна эпир хамăр опытран те лайăх куртăмăр. Иртнĕ çулта кукуруза калчине тислĕкпе торф хутăшĕнчен тунă чӳлмексенче ӳстерсе лартнă участок çинче симĕс масса кăна мар, кукуруза вăрлăхне те туса илтĕмĕр. Нумаях пулмасть хамăр туса илнĕ кукуруза вăрлăхне шăтарса пăхрăмăр, вăл лайăх шăтать. Кукуруза акмалли участокăн пĕр пайне кăçал хамăр туса хатĕрленĕ вăрлăхпа акатпăр.

Çак кунсенче колхозра отчетпа суйлав пухăвĕ пулса иртрĕ. Унта артель членĕсем кукуруза акса тăвас ĕçри çитменлĕхсене хытă тишкерчĕç, çитменлĕхсене пĕтермелли майсене кăтартса пачĕç. Колхозниксем çак паха культурăна кăçал 100 гектар акма, кашни гектартан 300 центнертан кая мар кукурузăн симĕс массине туса илме йышăнчĕç.

Пĕлтĕрхи йăнăшсене эпир пĕтĕмпех шута илтĕмĕр, кăçал кукуруза акма пур енчен те тĕплĕн хатĕрленетпĕр. Кукуруза акма чи лайăх участоксем уйăрнă. Кукуруза акмалли уя кашни гектар пуçне 15 тонна çĕрнĕ тислĕк тата 10 тонна юшкăн тăпри кăларатпăр. Пĕр гектар çине кукурузăна вăрлăхлăх акатпăр. Унта кукуруза калчине, иртнĕ çулхи пекех, тислĕкпе торф хутăшĕнчен тунă чӳлмексенче çитĕнтерсе лартатпăр. Халĕ артель членĕсем кукуруза агротехникине вĕренеççĕ.

А. ЯРИКОВ.
Муркаш районĕнчи «Свобода» колхоз председателĕ.

# Ялхуçалăхне хăватлăн аталантарар!

ШĂХАСАН. (Хамăр корр.). Районти колхозниксемпе колхозницăсем, рабочисемпе служащисем тата интеллигенци партин ХХ съездне пысăк хавхаланупа кĕтсе илчĕç. Съезд уçăлни çинчен тата съездра КПСС Центральнăй Комитечĕн ĕçĕсем çинчен КПСС Центральнăй Комитечĕн Пĕрремĕш Секретарĕ Н. С. Хрущев юлташ тунă доклада радио тăрăх пĕлтернине пур çĕрте те пысăк çĕкленӳпе итлерĕç.

Районти ĕççыннисем Коммунистсен партийĕн тĕрĕс те аслă политикине пĕр кăмăллă пулса ырлаççĕ. Çак кунсенче предприятисемпе учрежденисенче тата колхозсенче митингсемпе пухусем пулса иртеççĕ.

— Пирĕн юратнă Тăван парти чаплă çула уçса тухрĕ, — терĕ МТС-ри паллă комбайнер Николай Алексеев. — Коммунистсен партийĕ аслăн ертсе пынипе пирĕн çĕршыв кая юлнă ялхуçалăхлă çĕршывран малта пыракан индустрилле-колхозлă çĕршыв пулса тăчĕ. Пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх плана та совет халăхĕ срокчен пурнăçларĕ. Анчах эпир тунă çитĕнӳсемпе лăпланса лармастпăр. Парти пире тунă çитĕнӳсене çирĕплетес, алан çĕнĕ çитĕнӳсем тума чĕнет. Тăван парти ертсе пынипе эпир улттăмĕш пилĕкçуллăх заданисене чыслăн пурнăçласа пырăпăр.

Алексеев комбайнер иртнĕ сезонта «С-4» комбайнпа 220 гектар тырă вырас вырăнне 526 гектар вырнă, вăл шутран Сталинград облаçне хăй ирĕкĕпе кайса 226 гектар выраса панă. Кăçал та вăл иртнĕ çулхинчен кая мар тырă вырма ыйтлĕнет. Халĕ хĕрсех МТС мастерскойĕнче комбайнсем юсанă çĕрте ĕçлет. Ăна дирекци двигательсем юсамалли узела ертсе пыма хушнă. Çак хисеплĕ ĕçе Алексеев юлташ чыслăн пурнăçласа пырать. А. Прокопьев юлташпа пĕрле вĕсем, партин ХХ съезчĕ пынă вăхăтра тăрăшса ĕçлесе, виçĕ кун хушшинче пĕр двигателе юсаса пĕтерчĕç.

Павел Макаров ертсе пыракан 9-мĕш трактор бригади, иртнĕ çулхи плана 119 процент тултарса, МТС-ра пĕрремĕш вырăн йышăнчĕ. КПСС ХХ съездĕнче Н. С. Хрущев юлташ тунă докладпа паллашнă хыççăн, Макаров юлташ çапла каларĕ:

— Коммунистсен партийĕ ертсе пынипе эпир коммунизм строительствинче çĕнĕрен çĕнĕ çĕнтерӳсем тăватпăр. Пуян та телейлĕ пурнăçшăн малашне тата ытларах вăй хурса ĕçлĕпĕр. Пирĕн бригада иртнĕ çулта хăй ĕçлекен колхозсене вăтамран кашни гектартан 12-шер центнер тĕштырă туса илме пулăшрĕ. Кăçал 13-шер центнертан кая мар тĕштырă туса илме, çитес суракине 7 кун хушшинче ирттерме, тырпула пысăк пахалăхпа акса хăварма пулатпăр. Пирĕн тракторсем паян тесен паянах уя тухма хатĕр, вĕсемпе халĕ колхозсене строительство материалĕсем, минераллă удобренисем тата тислĕк турттарса пама, тырă тасатма пулăшатпăр. Кĕске вăхăт хушшинчех механизаторсем 1.000 фестметр йывăç тата 1.100 центнер минераллă удобрени турттарчĕç.

МТС коллективĕ тракторсем юсас ĕçе февралĕн малтанхи кунĕсенчех вĕçлерĕ. Халĕ механизаторсем комбайнсем тата ытти машинăсем юсаççĕ.

## Ял ĕçченĕсен çĕкленĕвĕ

СОВЕТСКИ. Районти предприятисемпе учрежденисенче тата колхозсенче КПСС ХХ съезчĕ ячĕпе ĕççыннисен нумай йышлă митингĕсем пулса иртеççĕ. Район центрĕнчи рабочисемпе служащисен тата колхозниксен митингĕнче парти райкомĕн секретарĕ Московский юлташ КПСС ХХ съезчĕн ĕçĕсем çинчен доклад туса пачĕ. Митингра суту-илӳ работникĕсен ячĕпе Рыжова, районти комсомолецсемпе çамрăксен ячĕпе Петров, медицина работникĕсен ячĕпе Белова, район центрĕнчи «Коммунизм» колхоз ĕçченĕсен ячĕпе Смирнов юлташсем пирĕн аслă партие мухтаса хĕрӳллĕ сăмах тухса каларĕç, çак кунсенче ĕççыннисен хастарлăхĕ, ĕçри çĕкленĕвĕ вăйлăн ӳссе пынине пĕлтерчĕç. Съезд уçăлнă куна хисеплесе, ВЛКСМ райкомĕ уй-хире тислĕк турттарас тĕлĕшпе икĕкунлăх ирттернĕ.

МТС-ри механизаторсен митингĕнче 7-мĕш трактор бригадин бригадирĕ Кириллов юлташ çапла каланă:

— Эпир, механизаторсем, Коммунистсен партийĕ ялхуçалăх умне кăларса тăратнă пысăк задачăсене ăнăçлă пурнăçлама пулатпăр. Халĕ юлашки трактора юсаса çитеретпĕр. Ялхуçалăх машинисем ĕçе хатĕр. Хамăра çирĕплетсе панă «Звезда» колхозра суракинчи ĕçсене çичĕ кун хушшинче пысăк пахалăхпа ирттеретпĕр. Кăçал 550 гектар чухлĕ ĕç тума сăмах паратпăр.

«Герой», Жданов ячĕпе, Молотов ячĕпе тăракан тата ытти колхозсенче, КПСС ХХ съезчĕн ĕçĕсемпе хавхаланса, вăйлă тырпулшăн, йышлă тата тухăçлă выльăх-чĕрлĕхшĕн кĕрешӳ хĕрӳллĕн пырать. «Герой» артель членĕсем кашни 100 гектар çĕр пуçне 25 центнер сысна ашĕ туса илессишĕн тăрăшса ĕçлеççĕ. Çĕнĕ çулти тăватă уйăх хушши вĕсем 100 гектар çĕр пуçне 9,2 центнер сысна ашĕ туса илнĕ те ĕнтĕ. Халĕ тата 70 сысна самăртма хупнă. Дояркăсем кашни ĕнерен 1.700-шер литр сĕт суса илессишĕн кĕрешеççĕ.

# Ĕçри хастарлăх

Сталин ячĕпе тăракан ялхуçалăх артелĕнче колхоз председателĕсемпе парторганизаци секретарĕсен семинарĕ пырать. Семинара пынисем çак колхозăн ĕнесенчен сĕт суса илессине ӳстерес ĕçри опычĕпе паллашаççĕ.

— Манăн «Ĕнесенчен сĕт суса илессине ӳстермелли майсем» кинокартина пур, семинара килнисем курма кăмăл тумаççĕ-и?—ыйтрĕ пĕри райком секретарĕнчен.

Николай Иванович Ермаков юлташ чĕрĕк ĕмĕре яхăн пĕр улшăнмасăр киномеханикре ĕçлет. 1933 çулта сасăсăр передвижкăпа ĕçлеме тытăннă.

Ермаков механик ирттерекен киносеанссене [illegible] халăх йышлă пухăнать. Çакă вăл, чи малтанах, кинофильмсене пысăк пахалăхпа кăтартнинчен килнĕ. Кунсăр пуçне вăл яла халăх ыйтакан картинăсем илсе килме тăрăшать, хăçан мĕнле фильм пуласси çинчен малтанах пĕлтерет. Картинăсен кĕске содержанийĕ çинчен, унта мĕнле артистсем выляни çинчен те каласа парать.

Ĕçчен киномеханик халăха кино кăтартмалли плана пур енĕпе те ирттерсе пурнăçлать. Иртнĕ çулта Ермаков юлташ плана сеанссем енĕпе 120 процент, укçа тенĕ пухас енĕпе 112 процент тултарнă. Партин ХХ съезчĕ ячĕпе социализмла ăмăртăва хутшăнса, 1956 çулхи январь уйăхĕнче плана ирттерсе тултарнă.

Опытлă киномеханик колхозсенче ялхуçалăх фильмĕсен кăтартмалли фестивальте те паха тĕслĕхсем кăтартать. Фестиваль пуçланнăранпа вара вăл 6 сеанс вырăнне 11 сеанс панă. Вĕсенче 1.500 çын ытла пулнă.

Ермаков юлташ хăй тунă çитĕнӳсемпе лăпланмасть, юлташĕсене те ĕçе вĕрентет. Юлашки пилĕк çул хушшинче кăна вăл 11 çынна киномеханик пулма вĕрентсе кăларнă. Унăн шăллĕ Павел Ермаков та киномеханик. Вăл та пиччĕшĕ пекех тăрăшса ĕçлет.

— КПСС Центральнăй Комитечĕн партин ХХ съездĕнчи отчетне вуланă хыççăн ĕçлес хастарлăх татах ӳсрĕ,—тет Ермаков юлташ,—çулталăкра кино кăтартмалли плана малтанхи пекех декабрĕн 5-мĕшĕ—Конституци кунĕ тĕлне тултарма тăрăшатăп. Çĕнĕ кинофильмсене халăха анлăн кăтартма пулатăп.

Н. ОРЛОВ.
(«Коммунизм ялавĕ» корр.).
Ишлей районĕ.

Редактор М. Н. ЯКИМОВ.

РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5. Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителĕ—4-17, ответлă секретарь—4-20, секретариат—7-32, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—13-37, парти пурнăç пайĕ—3-28, обзорсем пайĕ—6-84, пропаганда пайĕ—5-21, ялхуçалăх пайĕ—5-97, культура пайĕ—3-04, совет строительстви пайĕ—3-04, литературăпа искусство пайĕ—5-61, çырусем пайĕ—3-54, издательство кантурĕ—0-23.

НТ 86647. Типография № 1 Министерства культуры Чувашской АССР. Заказ № 573. Тираж 87.000 экз.